ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 14 ЫТЛАРИКУН № 32 (9711) Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

*Паян Тăван çĕршыв столицинче—Мускавра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ уçăлать*

**Сывă пултăр Коммунистсен партийĕ — коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре совет халăхне хавхалантарса тата ертсе пыракан аслă вăй!**

## Коммунистсен партийĕ—çĕнтерӳсем тума хавхалантарса, организацилесе пыракан аслă вăй

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне пĕтĕм совет халăхĕ пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илет. Совет çĕршывĕнчи рабочисем, хресченсем, интеллигенци хăйсен аслă та тăван партине хĕрӳллĕн юратаççĕ. Халăхран тухнă, унпа тачă çыхăннă Коммунистсен партийĕ яланах халăх массисен интересĕсене палăртса тăнă, вĕсене хӳтĕлекенĕ пулнă, социализмпа коммунизмшăн кĕрешес ĕçре çĕнтерӳсем тума хавхалантарса, организацилесе пынă, вăл халĕ те çавăн пек вăй пулса тăрать.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе рабочи класс, ĕçхресченĕсемпе союзлă пулса, Октябрьти Аслă революци турĕ, рабочисемпе хресченсен тĕнчери социализмла пĕррмĕш государствине туса хучĕ. Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе социализм çĕнтерĕвĕ турĕç, социализма миллионсен чĕрĕ, творчествăлла ĕçĕ, массăсен кулленхи пурнăçĕнчи чăн-чăн ĕçĕ туса хучĕç. Парти ертсе пынипе халĕ совет халăхĕ коммунизм обществи тăвать.

Пирĕн партин хăватлă вăйĕ—унăн революцилле теорийĕнче, марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерсе пыракан вĕрентĕвĕнче. Çак вĕрентӳ тăрăх ĕçлесе, ăна практикăлла пысăк опыт никĕсĕ çинче творчествăлла аталантарса, Коммунистсен партийĕ совет халăхне социализм туса çитермелли тата социализмран коммунизма майĕпен куçса пымалли çулпа çирĕппĕн те шанчăклăн малалла ертсе пырать. Парти ĕççыннисене коммунизмла воспитани парассине, идеологилле ĕçе вăйлатассине тĕп вырăна хурать, ăна пурнăçпа, хуçалăх строительствин задачисемпе тачă çыхăнтарса пырать.

Пирĕн партие Аслă Ленин туса хунă тата туптаса çирĕплетнĕ. Вăл хăйĕн никам çĕмĕреймми пĕрлĕхĕпе, хăйĕн речĕсем тачă пĕтĕççе тăнипе вăйлă. Вăл халăхпа, ĕççыннисен йышлă массисемпе питĕ çирĕп çыхăннă. Коммунистсен партийĕ вăл—ССР Союзĕнчи ĕççыннисен малти отрячĕ, унăн халăх интересĕсенсĕр пусне урăх интересĕсем çук. Пирĕн парти ĕçĕ халăха чунтан шанни çинче никĕсленсе тăрать. Халăх вăл—истори тăвакан чăн-чăн вăй, общество аталанăвĕн пултаруллă тĕп вăйĕ. Ленин: ĕçĕн тĕрлĕ участокĕсенче коммунист мар çынсемпе союзлă пулмасăр коммунизм строительстви ăнăçлă пырасси çинчен сăмах та пулма пултараймасть,—тесе кăтартса панă. Парти çакна яланах асра тытса ĕçлет.

Çур ĕмĕр ытла каялла, генилле Ленин Коммунистсен партине туса хурассишĕн кĕрешме пуçланă чухне, малтанхи марксиста-революцилле организацисен йышĕ пĕчĕк пулнă. Унтанпа парти мухтавлă çула утса тухрĕ, халĕ вăл тĕнчери социализмла чи аслă государство пусĕнче тăрать. Пĕтĕм совет халăхĕ хăйĕн аслă та шанчăклă çулпуçĕ — парти хыççăн шанчăклăн пырать. Октябрьти Социализмла Аслă революцие хатĕрленнĕ тата ирттернĕ тапхăрта большевиксен партийĕн речĕсенче 240 пин член пулнă пулсан, халĕ пире коммунизм çĕнтерĕвĕ патне ертсе пыракан Коммунистсен хăватлă партийĕн речĕсенче совет халăхĕн 7 миллион ытла чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсем. Пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем партие чун-чĕререн парăннă, парти халăх интересĕсемшĕн паттăррăн кĕрешнине вĕсем пысăка хурса хакласçĕ.

Социализм массăсене активлă политикăлла пурнăçа хутшăнтарма, вĕсен пултарулăхĕсемпе таланчĕсене туллин, пур енĕпе те аталантарма кирлĕ мĕнпур условисем туса пачĕ. Пирĕн çĕршыв тунă питĕ пысăк çитĕнӳсем вĕсем хамăрăн парти, унăн вырăнти организацийĕсем хулапа ялти ĕçченсен миллионшар массисен творчествăлла çĕкленĕвĕпе политикăлла активлăхне ӳстерме пултарнинчен килеççĕ. Партин халăх хушшинчи авторитечĕ вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк. Çак авторитета вăл коммунистсем массăсемпе яланах тачă çыхăнса тăнипе, вĕсем массăсене мĕнпур ĕççыннисен тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăракан парти политикин тĕрĕслĕхне кăтартса панипе, ĕççыннисене коммунизмшăн кĕрешме хавхалантарса пынипе çĕнсе илнĕ. Парти çапла вĕрентет: халиччен тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармалла мар, ывăнма пĕлмесĕр малалла пымалла, критикăпа самокритикăна хăюллăн вăйлатмалла, ĕçри çитменлĕхсене палăртса пĕтерсе пымалла.

Коммунистсен партийĕн аслă политикине пĕтĕм халăх ырлать. Социализмла революцишĕн, социализм тăвассишĕн пынă кĕрешӳ çулĕсенче те çавăн пек пулчĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă тапхăрĕнче тата вăрçă хыççăнхи çулсенче те çавăн пек пулчĕ. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ хыççăн иртнĕ тапхăрта совет халăхĕ хăйĕн речĕсене парти тавра татах та тачăрах пĕтĕçтерчĕ. Совет çыннисем КПСС XX-мĕш съездне калама çук пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илеççĕ. Çакă вăл совет обществин моралĕпе политикăлла пĕрлĕхне, пирĕн çĕршыври халăхсем Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕççе тăнине уççăн кăтартса парать.

КПСС XX-мĕш съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне туса хатĕрленĕ чухне партин Центральнăй Комитечĕ нумай пин промышленность предприятийĕсемпе колхозсен коллективĕсен сĕнĕвĕсене шута илчĕ. Çак сĕнӳсене хатĕрлес тата сӳтсе явас ĕçе рабочисен, колхозниксен, промышленноçпа ялхуçалăх специалисчĕсен, ученăйсен йышлă массисем хутшăнчĕç. Патриотла пуçару тата производствăри нумай енлĕ опыт КПСС Центральнăй Комитетне халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсене улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантарас ĕçĕн задачисене туллинрех палăртса хума, социализмла промышленноçпа ялхуçалăхĕн шалти питĕ пысăк майĕсене палăртма пулăшрĕç.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне парти пухăвĕсенче, предприятисен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен коллективĕсен пухăвĕсенче сӳтсе яврĕç. Çав пухусенче ĕççыннисем, парти палăртса хунă пысăкран та пысăк ĕçсене пĕр кăмăлпа ырласа, паха сĕнӳсем нумай пачĕç. Директивăсен проектне активлăн сӳтсе явнинче пирĕн çĕршыври ĕççыннисем Тăван çĕршыв экономикипе культурине малалла вăйлатса ӳстерме чунтан тăрăшни çĕнĕрен хăватлăн палăрчĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче Коммунистсен партийĕн тĕп çул-йĕрĕ—социализмла экономикăн тата хамăрăн Тăван çĕршыв оборони вăй-хăватне малалла ӳстерес ĕçĕн никĕсĕ пулса тăракан йывăр индустрие пуринчен малтан тата нимрен ытларах аталантармалли çул-йĕр палăрса тăрать. Йывăр промышленноçа вăйлатнă никĕс çинче халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине малалла ӳстерме, ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатма, халăх пурнăçне малалла лайăхлатма палăртнă.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани коммунизмăн материальнă-производствăлла базине тăвас, ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине пурнăçлас ĕçре малалла çĕнĕ пысăк утăм туни пулса тăрĕ. Çакă вăл социализм лагерьне татах та ытларах тĕреклетĕ, Совет государствипе халăх демократи çĕршывĕсем çирĕппĕн пурнăçласа пыракан политика—мирлĕ пурăнас тата ырă кӳршĕлле çыхăнусем тытас политика—вăрçăллă авантюрăсене юратакансен политикине çĕнтерессине мире юратакан мĕнпур халăхсем татах та ытларах шанса тăмалла тăвĕ.

Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕн шалти тата тулашри политикине пĕр кăмăллă пулса ырлать. Çакă вăл массăсен творчествăлла пысăк çĕкленĕвĕнче, социализмла ăмăрту анлă сарăлнинче палăрса тăрать.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн XX-мĕш съездне нихçанхинчен те хăватлăрах пулнипе кĕтсе илет. Вăл пĕрлĕхлĕ, хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçнĕ, халăхпа никам уйăрайми çирĕп çыхăннă. Утса тухнă çул çине çаврăнса пăхса, совет çыннисем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршыв мĕн тери пысăк çитĕнӳсем тунине кураççĕ. Парти халăх хушшинче иксĕлми творчествăлла хастарлăха вăратрĕ, ĕç çыннине нихçанхинчен те çӳлерех хăпартрĕ. Совет халăхĕ этемлĕхе çутă малашлăх—коммунизм патне пыма çул хывса паракан, мирĕн, демократин тата социализмăн ӳссе тĕрекленсе пыракан лагерĕ пуçĕнче тăракан хăйĕн социализмла Тăван çĕршывĕшĕн тивĕçлипе чаплăн савăнать. Партин аслă вăйĕ—вăл халăхпа никам уйăрайми тачă çыхăнса тăнинче. Халăх вăйĕ—вăл парти тавра пĕтĕççе тăнинче. Парти ăслăн ертсе пыни вăл—пирĕн çĕнтерӳсен пурнăç вăйĕ парса тăракан çăлкуç, Совет çĕршывне коммунизм çулĕпе малалла ăнăçлă илсе пымалли никĕс.

(«ПРАВДА» хаçатăн февралĕн 13-мĕшĕнчи умстатьинчен).

---

### Н. С. ХРУЩЕВ юлташ Федеративлă Югослави Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолне Добривойе Видича йышăнни

Февралĕн 12-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ Федеративлă Югослави Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолне Добривойе Видича йышăнса, унпа калаçнă. (ТАСС).

---

## Республикăри ĕççыннисем партин XX-мĕш съездне чаплă çитĕнӳсемпе кĕтсе илеççĕ

### Чи лайăх доиркăсенчен пĕри

Укерчĕк çинче: Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка А. Оленина юлташ. Вăл 1955 çулта кашни ĕнерен 3.178 килограмм сĕт суса илнĕ, ăна «Республикăри чи лайăх доярка» ятне панă.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

### Кольцовка ĕçченĕсен хастарлăхĕ

ВĂРНАР. (Телефонпа). Ленин орденлĕ Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă куна ĕçри пысăк çĕкленӳпе паллă тăваççĕ. Хăйсем съезд умĕн пуçарнă ăмăртура вĕсем февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне çуракине тĕппĕн хатĕрленсе çитме пулнăччĕ. Артель членĕсем панă сăмаха чыслăн пурнăçларĕç. Колхоз çуракине пур енчен те хатĕр. Вăрлăхсем лайăх пахалăхлă. 1.000 тонна минераллă удобренисем кӳрсе килнĕ.

Кăçал çĕрулми лартакан лаптăка 300 гектара çитереççĕ. Кашни гектартан 300-шер центнер çĕрулми илме палăртнă. Кукуруза та 300 гектар йышăнать. Халĕ çĕрулмипе кукуруза валли уйăрнă участоксем çине тислĕк турттараççĕ.

Ĕнесенчен сĕт суса илесси ӳссех пырать. Февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 1.000-шер литр сĕт суса илнĕ. Малта пыракан Н. Нараткина, А. Талаева, А. Першуткина доярккăсем кăçал кашни ĕнерен 3.800-шер литр сĕт суса илме тăрăшаççĕ.

Çак кунсенче колхоз ĕçченĕсем артелĕн пилĕк çуллăх планне сӳтсе яваççĕ. 1960 çул тĕлне вĕсем тĕштырăсен тухăçлăхне кашни гектартан 50-шар центнера çитерме, усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 500—600 центнер сĕт, 100—120 центнер аш-какай илме палăртаççĕ.

### Çĕнĕ ӳсĕмсемпе

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен йышăннă постановление сӳтсе явнă май, колхозниксем çĕнĕ обязательствăсем йышăнаççĕ. А. Ортиков юлташ ертсе пыракан бригада çулсеренех тухăçлă пахча çимĕç ӳстерет. Иртнĕ çул бригада членĕсем кашни гектартан вăтам шутпа 334 центнер кишĕр, 112 центнер помидор, 90 центнер сухан пуxса кĕртнĕ. Постановленипе паллашнă хыççăн, бригадăри колхозниксем кăçал пахча çимĕçсем лартмалли лаптăка чылай ӳстерме пулчĕç. Халĕ унта тислĕк турттараççĕ. Паянхи куна бригада пахча çимĕç лартмалли лаптăксене пурĕ 1.000 тонна ытла тислĕк, 200 тоннăна яхăн торф кăларнă. Ку енĕпе бригадăри В. Селиванов, П. Груданов, А. Кузьмин, К. Трифонов тата В. Лаврентьев çамрăксем уйрăмах лайăх тĕслĕхсем кăтартса ĕçлеççĕ.

КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăрту выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем хушшинче те анлăн сарăлчĕ. Доярккăсемпе свинаркăсем тата фермăри ытти работниксем Воронеж облаçĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсен Чĕнĕвне тĕплĕн сӳтсе яваççĕ. Доярккăсем кăçал кашни ĕнерен 1.800 литр сĕт суса илме обязательство йышăнчĕç. Фермăри малта пыракан доярккăсен обязательствисем тата пысăкрах. О. Селиванова доярка, сăмахран, хăй пăхакан кашни ĕнерен кăçал 2.000 литр, П. Иваничева доярка 1.900 литр сĕт суса илме сăмах панă. Доярккăсем хăйсен сăмахне ĕçпе пурнăçлаççĕ. Ĕнесене хальхи вăхăтра вĕсем утă-улăмсăр пуçне силос тата концентратсем параççĕ. Лайăх пăхнипе пула ĕнесенчен сĕт суса илесси кулленех ӳсет.

А. ТАРАСОВ.
Çĕмĕрле районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.

### Электроаппаратсем тăвакансен çитĕнĕвĕ

Шупашкарти электроаппаратура завочĕн коллективĕ, Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, пысăк обязательствăсем илнĕччĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçларĕç.

Завод иртнĕ çулта продукци туса кăлармалли плана срокчен—ноябрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, планран ирттерсе 24 миллион тенкĕлĕх ытла продукци туса кăларчĕ. Продукци туса кăлармалли графика çирĕп пурнăçласа пырать. Иртнĕ çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, ĕç тухăçлăхĕ 25 процент ӳсрĕ, çакă вăл обязательствăра палăртса хунинчен 10 процент ытларах пулать.

Электроаппаратчиксем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн çине тăрса ĕçлеççĕ. Обязательствăсем тăрăх, продукцин хăйне ларакан хакне чакарнипе планран ирттерсе 1,5 миллион тенкĕ таса тупăш илме палăртнă пулсан, вĕсем 3,3 миллион тенкĕ тупăш илнĕ. Çĕнĕ йышши аппаратура, Куйбышевпа Мускав хушшинчи электролини валли тĕрлĕ йышши продукци туса кăларнă.

Январь уйăхĕнчи производство программине таварлă продукци туса кăларас енĕпе 106,8 процент пурнăçланă. Электроустановкăсене электричество токĕнчен инçетрен сыхламалли хатĕрсем туса кăларнă. Хура металлурги министерствин предприятийĕсем валли оборудовани туса панă. Çапла, Челябинскри трубопрокатнăй завод, Череповецри металлурги заводĕнчи иккĕмĕш домна кăмаки валли тата ытти предприятисем валли электрооборудовани ăсатнă.

Электроаппаратура тăвакансем Совет Союзĕнчи промышленность выставкине тĕрлĕ йышши экспонатсем ярса панă. Çак выставкăра заводăн çитĕнĕвĕсене анлăн кăтартаççĕ.

Паян КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă ятпа çĕршер рабочисем ĕç вахтине тăнă. Вĕсем хăйсен сменăри нормине ирттерсе тултарма тăрăшаççĕ.

С. ФЕДИН.
Заводри планпа производство пайĕн начальникĕ.

### Пир-авăр тĕртекенсен парни

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекенсем чаплă çитĕнӳ турĕç. Иртнĕ пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнчи—1955 çулти производство планне вĕсем 104 процент тултарчĕç. Иртнĕ çул планран ирттерсе 90 тонна çип арланă, 1.700 пин метр пир-авăр тĕртсе кăларнă.

Комбинатра улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррмĕш çулĕнчи производство планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Январь уйăхĕнче продукци туса кăлармалли плана ирттерсе тултарнă. Уйăх планĕнчен ирттерсе 888 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Тĕртекен пĕррмĕш цех коллективĕ (цех начальникĕ В. Горятнева юлташ) оборудованипе усă курас енĕпе уйрăмах паха тĕслĕх кăтартать. Халĕ ытти цехсемпе уйрăмсенче те ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Коммунистсемпе комсомолецсем ытти рабочисемпе работницăсене ĕçре хавхалантарса пыраççĕ. Коммунист В. Будников юлташ ертсе пыракан бригада, сăмахран, иртнĕ уйăхри задание 121 процент ытла тултарнă, 96,7 процент пĕррмĕш сорт сатин тĕртсе кăларнă. Ткачиха-коммунистка К. Маркова, ткачиха-комсомолкăсем Е. Шмидт тата Р. Беспалова юлташсем те, яланах нормăна ирттерсе тултарса, 98 проценте унтан та ытларах пĕррмĕш сорт продукци туса кăлараççĕ.

Мастер помощникĕ, коммунист А. Семечкин юлташ сменăри нормăна 125—130 процент тултарать. Çип арлакан фабрикăри работница-комсомолка Е. Арзамаскина юлташ январьте уйăх çурă нормине тултарнă.

Съезд умĕнхи ăмăртура çавăн пекех В. Перелетов юлташ ертсе пыракан цех, тĕртекен цехри ремонтпа-механически пайĕн (начальникĕ В. Барабанов юлташ) коллективĕсем те çитĕнӳ турĕç.

Пир-авăр комбинатĕнче халĕ ĕç новаторĕсен шучĕ ӳссех пырать. КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе сарăлнă социализмла ăмăртура çĕршер работница професси енĕпе чи лайăх ĕçлекен ятне илнĕ.

А. ВАСИЛЬЕВА.
Комбинатăн главнăй инженерĕ.

### Çĕршер рабочи ĕç нормине ирттерсе тултарать

УЛАТĂР. (Телефонпа). Пăравуссем юсакан завод коллективĕ партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе çĕнĕ обязательство йышăннăччĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем панă сăмаха чыслă пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешрĕç. Январь уйăхĕнче завод продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 114 процент тултарчĕ, планран ирттерсе икĕ пăравус юсаса кăларчĕ. Çак уйăхра та коллектив пысăк çĕкленӳпе ĕçлет. Пĕррмĕш вунăкунлăхра завод пăравуссем юсамалли уйăхри плана 40 процент тултарчĕ.

Съезд умĕнхи ăмăртура çĕршер рабочи ĕç нормине куллен ирттерсе тултарать. Грошев рессорщик, Карачаров токарь, Нефедова формовщица ĕç нормине куллен икĕ хут ирттерсе тултараççĕ. Бабакин юлташ ертсе пыракан котельщиксен бригадинче 10 çын ĕçлет. Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, бригада ĕç нормине тăтăшах 155 процент тултарать. Завод коллективĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ куллен-кун ӳссе пырать.

П. КОЖУХОВ.
Заводри главнăй инженер.

### ТАВАР ÇАВРĂНĂШ ПЛАННЕ СРОКЧЕН ТУЛТАРАССИШĔН

ШĂХАСАН. (Хамăр корр.). Суту-илӳ работникĕсем тавар çаврăнăш планне срокчен тултарма тăрăшаççĕ. Январь уйăхĕнчи плана Атнаш ялповĕ 110 процент тултарнă. Кунти уйрăм продавецсем пĕр уйăх хушшинчех икĕ уйăхри плана тултарчĕç.

Юлашки вăхăтра Шăхасан ялповĕ те хăйĕн ĕçне лайăхлатрĕ. Иртнĕ уйăхри тавар çаврăнăш планне вăл 104 процент тултарчĕ.

**ЕТЕРНЕРИ МЕХАНИЗАЦИ УЧИЛИЩИНЧЕ**

Училищĕре çулсеренех республикăри нумай районсенчен механизаторсем пулма вĕренеççĕ. Халиччен пурĕ 1.343 специалист вĕрентсе кăларнă. Вĕсем пурте республикăри МТС-сенче ĕçлеççĕ. Кăçал 270 çын вĕренсе тухать. Вĕсенчен 100 çынна нумайччен сухаламасăр выртнă çĕрсем çине ĕçлеме яраççĕ. Халĕ училищĕрен вĕренсе тухакансем экзаменсем тытаççĕ. Вĕсем трактористсем тата механик-комбайнерсем пулаççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: училищĕри тракторист-машинистсем пулма вĕренекен группăри (сулахайран сылтăмалла): М. Н. Горшков, Ю. Е. Зайцев, Н. М. Грачев юлташсем А. М. Яковлев мастер ертсе пынипе комбайн деталĕсене пухаççĕ.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

### Съезд делегачĕ

1955 çулта П. Н. Назаров йывăр тиенĕ поездсем 58 хут илсе çӳренĕ, нормăран ирттерсе 14.515 тонна груз турттарса тухнă. 53,8 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ. Кăçал вăл тата лайăхрах ĕçлет, кашни рейса каймассерен поезда нормăпа пăхнинчен маларах илсе çитерет.

Назаров юлташ хăйĕн опычĕпе ыттисене паллаштарать. Ахальтен мар чылай машинистсенчен халĕ «эпĕ Назаров ученикĕ» тесе каланине илтме пулать.

Депора ĕçлекенсем Павел Пазаровича хисеплеççĕ. Вăл пуринпе те юлташла калаçать. 1946 çулпа 1950 çулхи суйлавсенче—Назаров юлташа СССР Верховнăй Совечĕн депутатне суйланă. Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ Назаров юлташа Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне кайма делегата суйланă.

Съезд делегачĕ Назаров юлташ çак кунсенче тата пысăк çĕкленӳпе ĕçлерĕ. Партин XX-мĕш съезчĕ çĕнĕ пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕпе хавхаланса, вăл социализмла ăмăртăва хутшăнчĕ, тата тухăçлăрах ĕçлеме пулчĕ, 1956 çурта нормăран ирттерсе 30 пин тоннăран кая мар груз турттарма, çĕр кăмрăкне нормăпа пăхнинчен пилĕк процент перекетлеме сăмах пачĕ.

Унăн сăмахĕ ĕçрен уйрăлмасть. Вăл хăйĕн тивĕçне ялан чыслăн пурнăçлать.

Х. ЛИСИН.

### Механизаторсен савăнăçĕ

ЧКАЛОВСКИ, февралĕн 13-мĕшĕ. (Телефонпа). КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, МТС коллективĕ тракторсемпе кăкарса ĕçлемелли машинăсене февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне юсаса çитерме сăмах панăччĕ. Механизаторсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçларĕç. Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, вĕсем мастерскойран пурĕ 69 трактор, 61 сеялка, 56 культиватор, 87 плуг юсаса кăларчĕç. Ĕçе узел меслечĕпе организациленĕ май, кăçал ĕç пахалăхĕ те чылай лайăхланнă. Мастерскойран юсаса кăларнă тракторсемпе халĕ колхозсенче строительство материалĕсем турттараççĕ, хире тислĕк кăлараççĕ.

МТС коллективĕ перекетлĕхшĕн кĕрешет. 1955 çулта пурĕ 82 пин тенкĕ, вăл шутран тракторсемпе ытти машинăсене юсас ĕçре 45 пин тенкĕ укçа перекетленĕ.

МТС дирекцийĕпе партбюро механизаторсен социализмла ăмăртăвне куллен ертсе пычĕç. Мастерскойра кашни кун 60—65 çынтан кая мар ĕçлет. Социализмла ăмăртура И. Соловьев тракторист ертсе пыракан узел мала тухнă, куншăн ăна МТС дирекцийĕпе партбюрон куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Ăмăртура лайăх тĕслĕхсем кăтартнă механизаторсене дирекци укçа парса премиленĕ. Вĕсем хушшинче И. Артемьев, А. Галин, А. Тарасов коммунистсем, Ш. Зинетдинов, Н. Васильев, А. Шайдеряков тата ытти механизаторсем.

Юлашки вăхăтра МТС çĕнĕ техникăпа пуянланчĕ. Çак кунсенче МТС-а «У-2» трактор виççĕ, «Беларусь» трактор пĕрре, çĕрулми лартмалли тăватă машина илсе килчĕç. Халĕ туяннă радиостанцие ĕçе яни колхозсенче 15 трактор бригадипе çыхăну тытма май парать. МТС коллективĕ халĕ комбайнсене юсама тытăнчĕ. КПСС XX-мĕш съездне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илни кашни механизатора чун-чĕререн савăнтарать.

Д. СЕДЫХ.
МТС-ăн главнăй инженерĕ.

# РСФСР халăх хуçалăхне аталантармалли 1955 çулхи государство планне тултарни çинчен

## РСФСР Статистика управленийĕ пĕлтерни

РСФСР-ти промышленность, ялхуçалăхĕ тата транспорт аталаннине, капитальнăй строительство, тавар çаврăнăшĕ ӳснине, рабочисемпе служащисен хисепĕ ӳснине тата культура строительстви аталаннине çак цифрăсем кăтартса пачăçĕ:

### I.

РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 104 процент тултарнă. РСФСР-ти уйрăм министерствăсемпе ведомствăсем промышленность продукцийĕ туса кăлармалли çулталăкри плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1955 çулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| РСФСР Вырăнти промышленность министерстви | 107 |
| РСФСР Топливо промышленность министерстви | 104 |
| РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви | 100,8 |
| РСФСР Вăрман промышленность министерстви | 97 |
| РСФСР Çăмăл промышленность министерстви | 105 |
| РСФСР Пир-авăр промышленность министерстви | 104 |
| РСФСР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви | 103 |
| РСФСР Аш-какай тата сĕт продукчĕсен промышленность министерстви | 103 |
| РСФСР Пулă промышленность министерстви | 98 |
| РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствин промышленность предприятийĕсем | 106 |
| РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 103 |
| РСФСР Культура министерствин промышленность предприятийĕсем | 103 |
| РСФСР Сывлăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 106 |
| Главмосстройăн промышленность предприятийĕсем | 110 |
| РСФСР промысла кооперацийĕ | 105 |

1955 çулта РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность продукци, 1954 çулхипе танлаштарсан, 7 процент нумайрах туса кăларнă.

РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность ялхуçалăх машинисем, металл касакан тата йывăç япаласем тумалли станоксем, хутса ăшăтмалли хурансем, металл кроватьсем, керамикăлла трубăсем, хăма, патефонсем, пианино тата рояль, çĕр мамăк, çăм тата йĕтĕн пир-авăр, чăлха-носки, çиелтен тата аялтан тăхăнмалли трикотаж, çĕлене япаласем, сăран тата резина атă-пушмак, кондитерски тата макарон изделийĕсем, колбаса, выльăх тата ӳсентăран çăвĕ, сыр, сĕт продукчĕсем, супăнь тата ытти япаласем çулталăкри планран иртерсе чылай туса кăларнă.

РСФСР-ти хăшпĕр министерствăсем тата промысла кооперацийĕ промышленность продукцийĕ туса кăлармалли заданисене государство планĕнче çирĕплетнĕ номенклатура тăрăх пурнăçламан. РСФСР Вырăнти промышленность министерстви металл савăт-сапа, сĕтел-пукан, холодильниксем, çамрăксем валли велосипедсем, урапасемпе повозкăсем туса кăлармалли плана тултарайман. РСФСР Топливо промышленность министерстви—ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли, торф тата çĕр кăмрăк брикечĕсем туса кăлармалли плана тултарайман. РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви—кирпĕч, черепица, шлакпа бетон блокĕсен, промысла кооперацийĕ—металл савăт-сапа, сĕтел-пукан, кĕпе çумалли машинăсем, ача велосипечĕсем тата колясккăсем, йĕлтĕр туса кăлармалли тата ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли плана тултарман.

РСФСР-ти нумай министерствăсем продукци туса кăлармалли плана тултарнă, анчах вĕсене пăхăнса тăракан чылай предприятисем плана тултарман. Çавăн пек тĕслĕхсем РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствинче, РСФСР Топливо промышленность министерствинче, РСФСР Аш-какай тата сĕт продукчĕсен промышленность министерствинче пулнă.

Промышленноçри нумай предприятисем халиччен пекех пĕр тикĕс ĕçлемен, продукци пĕр тикĕс туса кăларман.

Уйрăмах РСФСР Вăрман промышленность министерстви тата РСФСР Пулă промышленность министерстви çителĕксĕр ĕçленĕ. Çак министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисенчен нумайăшĕ продукци туса кăлармалли плана тултарман.

РСФСР Вăрман промышленность министерстви ĕçе юрăхлă йывăç тата вутă турттарса кăлармалли, шпал туса кăлармалли плана тултарман. 1955 çулта Горький, Иваново, Калинин, Кострома, Великолукск тата Ярославль облаçĕсенчи вăрман хатĕрлекен трестсемпе комбинатсем уйрăмах япăх ĕçленĕ.

Вăрман хатĕрлекен предприятисем механизмсемпе тата транспорт хатĕрĕсемпе япăх усă курнă, çавăн пирки министерство ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана тултарман.

РСФСР Пулă промышленность министерстви пулă тытмалли плана тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли заданисене пурнăçламан. 1955 çулта Иркутск, Калинин, Новгород, Новосибирск, Псков, Горький облаçĕсенчи тата Краснодар крайĕнчи пулă тресчĕсем çителĕксĕр ĕçленĕ.

Хăшпĕр облаçсенчи, сăмахран, Архангельск, Амур тата Чита облаçĕсенчи вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ продукци туса кăлармалли плана тултарман.

### II.

1955 çулта РСФСР-ти республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность чи кирлĕ япаласем, 1954 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ туса кăларнă:

| | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан (процентпа) |
|---|---|
| Хура металсен прокачĕ | 110 |
| Çĕр кăмрăкĕ | 116 |
| Торф брикечĕсем | 119 |
| Кирпĕч | 112 |
| Известь | 111 |
| Черепица | 114 |
| Строительство гипсĕ | 110 |
| Пурă | 117 |
| Гипсран тунă перегородка плитисем | 210 |
| Тимĕрбетон изделийĕсем | 157 |
| Суртсене витмелли çемçе материалсем | 102 |
| Ĕçе юрăхлă йывăç (турттарса кăларнă) | 105 |
| Хăма | 112 |
| Ялхуçалăх машинисем | 168 |
| Пĕр тĕнĕллĕ автоприцепсем | 124 |
| Урапа тата повозкăсем | 132 |
| Локомобильсем | 150 |
| Металл касакан станоксем | 101 |
| Йывăç япаласем тумалли станоксем | 124 |
| Хăма суракан рамăсем | 122 |
| Электродвигательсем | 129 |
| Металран япаласем туса кăларакан промышленноçа кирлĕ инструментсем | 118 |
| Пралукран тунă пăтасем | 114 |
| Çĕр мамăк пир-авăрĕ | 105 |
| Йĕтĕн пир-авăр | 106 |
| Çăм пир-авăр | 103 |
| Пурçăн пир-авăр | 101 |
| Çĕленĕ япаласем | 112 |
| Çиелтен тăхăнмалли трикотаж | 111 |
| Аялтан тăхăнмалли трикотаж | 106 |
| Тюльпе гардина изделийĕсем | 135 |
| Чăлха-носки | 112 |
| Тĕрлĕ йышши атă-пушмак | 104 |
| Сĕтел-пукан | 114 |
| Çамрăксем валли велосипедсем | 103 |
| Пианино тата рояль | 138 |
| Хуткупăс, баян тата аккордеон | 116 |
| Патефон | 105 |
| Радиоприемник | 164 |
| Сĕçĕпе вилкă | 157 |
| Металл савăт-сапа | 120 |
| Фарфăрпа фаянс савăт-сапа | 110 |
| Сортлă кĕленче савăт-сапа | 124 |
| Холодильник | 165 |
| Кĕпе çумалли машинăсем | 232 |
| Керосинкăпа керогаз | 121 |
| Пичетлемелли машинкăсем | 110 |
| Аш-какай | 103 |
| Колбаса | 109 |
| Аш-какайăн çурма фабрикачĕсем | 133 |
| Пулă тытнă | 99 |
| Выльăх çăвĕ | 120 |
| Сыр | 120 |
| Сĕт продукчĕсем | 121 |
| Макарон изделийĕсем | 112 |
| Консерв | 117 |
| Виноград эрехĕ | 108 |
| Хĕрлĕ эрех | 116 |
| Çĕпре | 112 |
| Витамин | 159 |
| Супăнь | 115 |

1955 çулта РСФСР-ти çăмăл промышленноçпа пир-авăр промышленноçĕнче туса кăларакан япаласен ассортиментчĕ тата пахалăхĕ лайăхланнă, халăх ытларах ыйтакан продукци туса кăларасси ӳснĕ. Сăмахран, 1954 çулхипе танлаштарсан, çĕр мамăк пир-авăр 5 процент ытларах туса кăларнă пулсан, ворсовăй пир-авăр туса кăларасси вара 55 процент, сĕтел-пукан çине витмелли тата илемлĕ пир-авăр туса кăларасси—9 процент ӳснĕ; йĕтĕн пир-авăр туса кăларасси пĕтĕмпе 6 процент ӳснĕ пулсан, жаккардовăй пир-авăр туса кăларасси 10 процент, шуратман çӳхе пир тата сарлака шурă пир туса кăларасси—10 процент ӳснĕ; çăм пир-авăр туса кăларасси пĕтĕмпе 3 процент ӳснĕ пулсан, пустав пир-авăр туса кăларасси 6 процент ӳснĕ; чăлхапа носки туса кăларасси пĕтĕмпе 12 процент ӳснĕ пулсан, «капрон» сӳсĕнчен чăлха-носки туса кăларасси 20 процент ӳснĕ; çиелтен тăхăнмалли трикотаж туса кăларасси 11 процент ӳснĕ пулсан, çиелтен тăхăнма таса çăмран çыхнă трикотаж туса кăларасси 30 процент ӳснĕ; атă-пушмак туса кăларасси 4 процент ӳснĕ пулсан, илемлĕ атă-пушмак туса кăларасси 18 процент, рантăллă атă-пушмак туса кăларасси—24 процент ӳснĕ. Аш-какай тата сĕт-çу продукчĕсен ассортиментчĕ нумайланнă.

1955 çулта промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсем туса кăларасси ӳснипе пĕрлех вĕсен пахалăхĕ те лайăхланнă. Çав вăхăтрах хăшпĕр предприятисем, уйрăмах вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕн халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан предприятийĕсем, паха мар япаласем, кивелнĕ тĕслĕхсемпе фасонсем тăрăх, япăх сăрласа илемлетнĕ япаласем туса кăларнă.

РСФСР Вырăнти промышленность министерствипе промысла кооперацийĕ халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен çĕнĕ комбинатсемпе мастерскойсем туса пĕтерсе ĕçе янă. Уйрăм çынсен заказĕсем тăрăх тумтир çĕлесси чылай ӳснĕ. Халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен мастерскойсем халăх ыйтăвне тулли тивĕçтерейменççĕ-ха. Хăшпĕр чухне халăх заказĕсене вăраххăн тата паха мар пурнăçлаççĕ.

1955 çулта вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн чĕртавар бази малалла аталаннă. Прокат, çип, тир-сăран таварĕсем туса кăларасси ӳснĕ. Çак вăхăтрах республикăри промышленность халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçре вырăнти чĕртаварпа тата Союзри министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисен производство каяшĕсемпе çителĕксĕр усă курать.

Республика промышленноçĕпе вырăнти промышленноçра оборудованипе усă курасси кăштах лайăхланнă, производствăн техника шайне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçсем туса иртернĕ, кивĕ оборудовани вырăнне çĕнĕ, тухăçлăрах оборудовани вырнаçтарса лартнă. Анчах 1955 çулта РСФСР-ти нумай министерствăсем çĕнĕ техникăна аталантарас тата пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленĕ, çавăн пирки çĕнĕ машинăсемпе оборудовани туса кăларма хăнăхмалли тата туса кăлармалли иртнĕ çулхи плана, çавăн пекех малта пыракан технологи процесĕсемпе производство меслечĕсене, производствăна автоматизацилемелли тата механизацилемелли иртнĕ çулхи плана тултарса çитереймен.

Промышленноçра продукци туса кăларассине ӳстерме пулăшакан майсем чылай. РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствипе РСФСР Вырăнти промышленность министерстви производство хăвачĕсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ. Чылай министерствăсене пăхăнса тăракан промышленность предприятийĕсенче вырнаçтарса лартман оборудовани нумай пулнă.

Иртнĕ çул РСФСР халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче производствăна лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, чĕртаварсемпе материалсем перекетлеме пулăшакан рационализаторсемпе изобретательсен ĕçĕ малалла аталаннă. 1955 çулта республика промышленноçĕпе вырăнти промышленноçра изобретенисем, техникăна лайăхлатакан ĕçсем тата рационализаторла сĕнӳсем пурĕ 100 пин ытла пурнăçа кĕртнĕ.

1955 çулта республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли тата таса тупăш тумалли плана иртерсе тултарнă. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, продукцин хăйне ларакан хакĕ, танлаштармалли хаксемпе шутласан, малтан шутласа пăхнă тăрăх, 2 процент ытла йӳнелнĕ.

Республикăри промышленноçпа вырăнти промышленность, пĕтĕмпе илсен, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана иртерсе тултарнă пулин те тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли, таса тупăш тумалли заданисене пурнăçламан предприятисен хисепĕ чакнă пулин те, нумай предприятисем чĕртавар, электроэнерги, материалсем нормăпа пăхнинчен ытларах расходланă, брак нумай тунă.

### III.

Партипе Правительство ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе йышăннă пысăк ĕçсене пурнăçа кĕртнине пула РСФСР-ти колхозсем, машина-трактор станцийĕсем тата совхозсем 1955 çулта тĕштырă тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерчĕç.

1955 çулта пухса кĕртме акнă мĕнпур ялхуçалăх культурисен лаптăкĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 9,3 миллион гектар, юлашки икĕ çул хушшинче вара—15,5 миллион гектар ӳснĕ. Акакан çĕр лаптăкĕ, тĕпрен илсен, халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çине тырпул акма тытăннипе ӳснĕ. 1954 çулта РСФСР-ти колхозсемпе совхозсем халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çине мĕнпур ялхуçалăх культурисене 3,3 миллион гектар акнă пулсан, 1955 çулта 10 миллион гектар ытла акнă. Акакан çĕр лаптăкĕн структурине лайăхлатнă. Тĕштырă культурисем акакан çĕр лаптăкĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 7 процент, юлашки икĕ çул хушшинче вара—14 процент ӳснĕ. Çав çĕр лаптăкĕ, тĕпрен илсен, тулăпа кукуруза ытларах акнипе ӳснĕ. Çакă апат-çимĕç валли тĕштырă туса илессине ӳстерме тата выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетме май панă.

Йĕтĕн-долгунец, кантăр, хĕвелçаврăнăш, сахăр кăшманĕ, çĕрулми, пахча çимĕç тата бахча культурисем акса тăвасси те ӳснĕ.

Колхозсемпе совхозсем 1954 тата 1955 çулсенче халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсене 14 миллион гектар ытла сухаланă, çапла вара халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче 1956 çулта тырă нумайрах акса хăварма майсем туса хатĕрленĕ. Халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсен районĕсенче пĕлтĕр çĕнĕрен 51 совхоз, икĕ çул хушшинче вара çав районсенче пурĕ 88 çĕнĕ совхоз организациленĕ.

1955 çулхи кĕркунне колхозсемпе совхозсем кĕрхи çĕртме сухи 1954 çулхи кĕркуннехинчен 9 миллион гектар нумайрах туса хăварнă.

РСФСР-ти хăшпĕр районсенче çанталăк условийĕсем начар тăчĕç пулсан та, РСФСР-та 1954 çулхинчен чылай нумайрах тĕштырă туса илнĕ. 1955 çулта центрти хура тăпраллă облаçсенче, Атăл тăрăхĕнчи чылай облаçсенче, Çурçĕр Кавказри тата Çĕпĕрти облаçсенче, сăмахран, Белгород, Воронеж, Иркутск, Орел, Сталинград, Каменск облаçĕсенче, Краснодар тата Красноярск крайĕсенче тухăçлă тĕштырă туса илнĕ. Кукуруза тĕшшине пухса кĕртесси 3,5 хут ӳснĕ. Силос тума тата выльăха симĕсле çитерме усă курнă кукурузăн симĕс массине темиçе хут нумайрах туса илнĕ.

Техникăлла культурăсем ытларах пухса кĕртнĕ, вĕсен тухăçлăхĕ ӳснĕ. 1954 çулхипе танлаштарсан, йĕтĕн-долгунец сӳсĕ икĕ хут, сахăр кăшманĕ 63 процент, хĕвелçаврăнăшĕ — 56 процент ытларах туса илнĕ. Пахча çимĕç ытларах туса илнĕ. 1954 çулхипе танлаштарсан, çĕрулми кăштах сахалтарах пухса кĕртнĕ.

1955 çулта тырпула кĕске срокcенче пухса кĕртнĕ. Анчах та нумай колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра тĕштырă тата ытти ялхуçалăх культурисене чылай тăккаланă.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем—сĕт, аш-какай, çăм тата çăмарта туса илесси ӳснĕ. РСФСР-ти колхозсенче сĕт суса илесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 30 процент ӳснĕ. Колхозсенче кашни ĕнерен сĕт суса илесси 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинчи тапхăрта 18 процент, 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта, 1954 çулхи тăваттăмĕш кварталтипе танлаштарсан, 1,5 хут ӳснĕ. Рязань, Курск, Белгород, Воронеж, Сталинград, Иркутск облаçĕсенче тата Дагестан АССР-ĕнче сĕт суса илесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 1,5 хут ытла ӳснĕ. 1955 çулта Ленинград, Мускав, Мурманск, Сахалин, Рязань, Челябинск облаçĕсенчи, Приморски тата Ставрополь крайĕсенчи колхозсем кашни ĕнерен сĕт пуринчен ытларах суса илнĕ. Нумай колхозсемпе совхозсенче 100 гектар çĕр пуçне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ-ха.

Перепись данниĕсем тăрăх, хуçалăхсен мĕнпур категорийĕсенче—колхозсенче, совхозсенче, колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсенче—продукци паракан выльăх-чĕрлĕхĕн пĕтĕм йышĕ 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнпе танлаштарсан, çавăн чухлĕ пулнă (миллионшар пуçпа шутласан):

| | 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне | 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне |
|---|---|---|
| Мăйракаллă пĕтĕм шултра выльăх шучĕ | 34,3 | 35,5 |
| Çав шутра ĕнесен шучĕ | 14,7 | 15,6 |
| Сысна | 27,9 | 27,7 |
| Сурăх | 60,1 | 64,7 |

Çапла вара, мăйракаллă шултра выльăхсен хисепĕ 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнпе 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинче 1,2 миллион пуç ӳснĕ, ĕнесен хисепĕ—0,9 миллион пуç, сурăхсем—4,6 миллион пуç ӳснĕ, сыснасен хисепĕ 171 пин пуç чакнă.

1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинче колхозсенче ĕнесен хисепĕ 3 процент ӳснĕ, колхозсенче сурăхсен хисепĕ 1954 çулхи шайрах юлнă. Общественлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре Арзамас, Брянск, Великолукск, Вологда, Иваново, Кострома, Куйбышев, Псков облаçĕсенчи тата Мордва АССР-ĕнчи колхозсенче пысăк çитменлĕхсем нур.

Çав тапхăрта совхозсенче ĕнесен хисепĕ 12 процент, сыснасен хисепĕ 10 процент, сурăхсен хисепĕ 5 процент ӳснĕ.

Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсенче ĕне тата сурăх хисепĕ ӳснĕ.

Колхозсемпе совхозсем тĕштырă, кукуруза пуçĕсем тата силос ытларах хатĕрлесе выльăх апачĕн пахалăхне лайăхлатнă. Силос сооруженийĕсем нумай туса лартнă. Анчах чылай облаçсенче колхозсемпе совхозсем выльăх-чĕрлĕх валли хĕлле тăрантарма апат çителĕклĕ хатĕрлесе хуман, витесем кирлĕ чухлĕ туса лартман. Хăшпĕр совхозсемпе колхозсем выльăх витисем тăвас тĕлĕшпе юлса пынă.

Ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесси тата сутăн илесси ӳснĕ. 1954 çулхипе танлаштарсан, сахăр кăшманĕ, йĕтĕн сӳсĕ, йĕтĕн вăрри, хĕвелçаврăнăш, пахча çимĕç, çавăн пекех сĕт, аш-какай, çăмарта тата çăм чылай ытларах хатĕрленĕ.

1955 çулта ялхуçалăхĕн материаллă-техникăлла бази малалла тĕрекленнĕ. 1955 çулта РСФСР-ти ялхуçалăхĕ 105 пин трактор (15 вăйлăх çине куçарса шутласан), груз турттармалли 50 пин автомобиль, тĕштырă пухса кĕртмелли 23 пин комбайн, тĕштырă пухса кĕртмелли комбайнсем валли подборщиксем 55 пине яхăн, çĕрулми кăлармалли комбайнсем 8,8 пин, силос культурисем пухса кĕртмелли комбайнсем 4 пин ытла, кукуруза пухса кĕртмелли комбайнсем 2 пин, сахăр кăшманĕ пухса кĕртмелли комбайнсем 1 пине яхăн, трактор плугĕсем 45 пин, трактор сеялкисем 43 пин, трактор культиваторĕсем 48 пин, трактор косилкисем 7 пине яхăн тата çĕр ĕçлемелли, тырă акмалли, пухса кĕртмелли ытти машинăсем, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх фермисем валли машинăсемпе оборудовани туяннă.

Ялхуçалăхĕ техника тĕлĕшĕнчен пуянланса пыни колхозсемпе совхозсенчи ялхуçалăх ĕçĕсене татах та ытларах механизацилеме май панă.

Машина-трактор станцийĕсем 1955 çулта ялхуçалăх ĕçĕсем 1954 çулхинчен 8 процент ытларах тунă. Колхозсенче çĕртмесемпе кĕрхи çĕртме сухисем тăвас, тĕштырă культурисем тата сахăр кăшманĕ акас тата лартас ĕçсене пĕтĕмĕшпе тенĕ пекех механизациленĕ. Мĕнпур тĕштырă культурисен 90 процентне тата хĕвелçаврăнăшăн 95 процентне комбайнсемпе пухса кĕртнĕ. Çав вăхăтрах йĕтĕн-долгунец акас тата пухса кĕртес, кукуруза, çĕрулми, сахăр кăшманĕ, утă пухса кĕртес тата силос хывас ĕçсене механизацилесси кая юлса пырать. Тĕштырă культурисене çулса пултарса пухса кĕртес ĕçсене те анлăн туса пыман. Колхозсен выльăх-чĕрлĕх фермисенчи вăй нумай хумалли ĕçсене ытла та сахал механизациленĕ.

Нумай машина-трактор станцийĕсенче тракторсемпе, уйрăмах техникăлла культурăсем пухса кĕртмелли кăткăс машинăсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ.

### IV.

1955 çулта РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствин пурте усă куракан автомобиль транспорчĕпе грузсем, 1954 çулхипе танлаштарсан, 52 процент ытларах турттарнă, грузсен çаврăнăшĕ 35 процент ӳснĕ, анчах 1955 çулта грузсем турттармалли плана 99 процент, грузсен çаврăнăш планне—93 процент тултарнă.

РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствин автомобиль транспорчĕпе, ытти министерствăсен автотранспорчĕпе танлаштарсан, лайăхрах усă кураççĕ, анчах РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствин нумай автотресчĕсем автомашинăсене ахаль нумай тăратаççĕ, пушăлла чылай çӳреттереççĕ. Вологда, Каменск, Калинин облаçĕсенчи автотранспорт тресчĕсем грузсен çаврăнăш планне чылай тултарайман. Арзамас облаçĕнчи, Дагестан, Мордва АССР-ĕсенчи автотранспорт тресчĕсем грузсене централизацилесе турттармалли плана тултарман. Автобуссемпе пассажирсем турттарасси иртнĕ çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, 34 процент ӳснĕ, пассажирсем турттармалли плана 100,4 процент тултарнă.

РСФСР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерстви республикăна тата вырăнти органсене пăхăнса тăракан автомобиль çулĕсем тумалли плана тултарман. 1955 çулта республикăна тата вырăнти органсене пăхăнса тăракан автомобиль çулĕсене 1954 çулхинчен ытларах тĕпрен юсанă.

РСФСР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Юханшыв транспорчĕн главнăй управленийĕн шыв транспорчĕпе грузсем турттарасси пĕлтĕр, 1954 çулхипе танлаштарсан, 20 процент, грузсен çаврăнăшĕ—26 процент, пассажирсем турттарасси—3 процент ӳснĕ. Грузсем турттармалли плана 104 процент, грузсен çаврăнăш планне —101 процент, пассажирсем турттармалли плана—111 процент тултарнă. Нумай облаçсенчи шыв транспорчĕн управленийĕсем пăрахутсене пушă çӳреттернĕ, грузсене тиесе пушатнă чухне ахаль нумай тăраттарнă.

### V.

Союзлă органсене, республика органĕсемпе вырăнти органсене пăхăнса тăракан предприятисемпе организацисем 1955 çулта государство енĕпе капитальнăй ĕçсем тума хывнă укçатенкĕн пĕтĕм хисепĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 107 процент пулнă. Иртнĕ çулта Союзлă министерствăсемпе республика министерствисем промышленноçăн нумай пысăк предприятийĕсене, тепловăй электростанцисем, гидроэлектростанцисем, нефте тасатса тĕрлĕ продуктсем хатĕрлекен предприятисем, çĕр кăмрăк шахтисемпе разрезсем, машиностроени промышленноçĕн, строительство материалĕсен промышленноçĕн, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн нумай предприятийĕсене ĕçе янă.

РСФСР министерствисемпе ведомствисем государство енĕпе капитальнăй ĕçсем тума çулталăкра укçа-тенкĕ хывмалли плана 96 процент тултарнă. РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерстви, РСФСР Строительство материалĕсен промышленность министерстви, РСФСР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви, РСФСР Совхозсен министерстви капитальнăй ĕçсен планне чылай тултарса çитереймен.

Чылай облаçсенче шкул çурчĕсемпе больницăсем çитмеççĕ, çав вăхăтрах РСФСР Сутĕç министерстви капитальнăй строительство планне 94 процент тата РСФСР Сывлăх министерстви—93 процент тултарнă. Шкулсем лартас ĕç—Архангельск, Астрахань, Балашов, Омск, Тула облаçĕсенче, Чăваш АССР-ĕнче тата Алтай крайĕнче, больницăсем лартас ĕç—Иваново, Владимир, Куйбышев, Каменск, Кемерово, Молотов тата Чкалов облаçĕсенче уйрăмах çителĕксĕр пулса пынă.

РСФСР Хулапа ял строительствин министерстви 1955 çулта подряд илсе тумалли ĕçсене 1954 çулхинчен нумайрах тунă, анчах министерство строительствăпа монтаж ĕçĕсен çулталăкри планне 83 процент кăна тултарнă. Строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне Балашов, Кемерово, Тула, Псков облаçĕсенчи, Приморски крайри, Дагестан тата Тутар АССР-ĕсенчи строительство тресчĕсем чылай тултарса çитереймен.

РСФСР Хулапа ял строительствин министерствин строительство организацийĕсем 1955 çулта строительствăра кирлĕ çĕнĕ машинăсемпе механизмсем илнĕ, анчах вĕсемпе туллин усă курман. Нумай стройкăсенче машинăсемпе механизмсем ĕçсĕр тăнисем пулнă. Строительство ĕçĕсен хакĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, кăштах йӳнелнĕ, çапах та строительство хакне йӳнетес тĕлĕшпе 1955 çул валли палăртса панă заданине тултарайман. Министерствăн строительство организацийĕсенчен нумайăшĕ накладной расходсене нормăпа палăртнинчен ытларах тунă, усăсăр тăкаксем пулнă.

РСФСР министерствисемпе ведомствисем çуртсене архитектура енĕпе илемлетнĕ чухне ытлашши тăкаксем тунă, çавăн пирки вĕсене тăвас ĕç хакла ларнă. Пурăнмалли çуртсене, граждански çуртсемпе промышленность çурчĕсене чылайăшне халĕ те уйрăм проектсем тăрăх тăваççĕ, çакă вара—ытлашши тăкаксем пуласси тĕп сăлтавĕ. РСФСР министерствисемпе ведомствисен проект организацийĕсем типовăй проектсем туса хатĕрлес тĕлĕшпе 1955 çул валли палăртса панă плана тултарайман.

Мускавра пурăнмалли çуртсемпе граждански çуртсем тăвас ĕçе лайăхлатас шутпа, СССР Правительстви йышăнăвĕ тăрăх, 1954 çулта строительство ĕçĕсен пĕр организацине — Главмосстрой тунă, унта тĕрлĕ министерствăсемпе ведомствăсем аллинче пулнă нумай организацисене пĕрлештернĕ.

Строительство организацийĕсене пĕрлештерни вĕсене специализацилеме, машинăсене, механизмсене тата автотранспорта централизацилеме, строительствăри рабочисен ĕç тухăçлăхне ӳстерме, вĕсен хăйсен промышленность базине тĕреклетме, администрацине управлени аппаратĕнче ĕçлекенсен йышне чакарма май панă.

Главмосстрой строительство организацийĕсене пĕтĕм çулталăк тăршшĕпех пĕр тикĕсрех ĕçлеттерессине, сборнăй конструкцисемпе анлăн усă курассипе организациленĕ, тĕп ĕçсене нумайрах механизациленĕ тата хатĕрсемпе укçа-тенке чи кирлĕ çуртсене тума пухнă.

Çак ĕçсене пурнăçланипе Главмосстрой капитальнăй строительствăн çулталăкри планне иртерсе тултарнă тата строительство хакне, 1954 çулхипе танлаштарсан, 7,5 процент йӳнетнĕ.

Главмосстрой ĕçĕн результачĕсенчен çакă курăнать: строительство ĕçĕн вак тата вăйсăр уйрăм организацийĕсене пĕрлештерни усăллă, çак паха опыта анлă сарас пулать.

### VI.

Государствăпа кооперации суту-илĕвĕ енĕпе ваккăн сутакан тавар çаврăнăшĕн 1955 çулхи планне тултарнă. 1955 çулта халăха государствăпа кооперации суту-илĕвĕ енĕпе, танлаштармалли хакпа шутласан, 1954 çулхинчен 5 процент ытларах тавар сутнă. Çав вăхăтрах потребительсен кооперацийĕ ялта суту-илӳ тăвакан организаци 6 процент ытларах тавар сутнă.

Иртнĕ çулта халăха, 1954 çулхипе танлаштарсан, аш-какайпа аш-какай продукчĕсем, пулăпа пулă продукчĕсем, сыр, сĕтпе сĕт продукчĕсем, çăмарта, пахча çимĕç, улма-çырла нумайрах сутнă.

Промышленноçăн нумай таварĕсене, уйрăммăн илсен, пурçăн пир-авăр, кĕпе-тумтир, трикотаж изделийĕсем, чăлхасемпе носкисем, атă-пушмак, хуçалăхра кирлĕ супăнь сутасси чылай ӳснĕ. Культурăпа йăлара кирлĕ таварсем: радиоприемниксем, телевизорсем, сехетсем, фотоаппаратсем, сĕтел-пукан, çĕвĕ машинисем, кĕпе çумалли машинăсем, холодильниксем, велосипедсем, мотоциклсем, çăмăл автомобильсем, пианино тата ытти музыка инструменчĕсем сутасси чылай ӳснĕ.

1955 çулта халăха тата колхозсене производствăпа хуçалăхра кирлĕ таварсем ваккăн сутасси ӳснĕ: ĕçе юрăхлă йывăç, цемент, шифер, пăта, чӳрече кантăкĕ нумайрах сутнă.

Промышленность таварĕсемпе апат-çимĕç туса хатĕрлесси тата сутасси ӳснĕ пулсан та, хăшпĕр таварсене халĕ те халăхăн ӳсĕе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ парса тăраймаççĕ-ха. Суту-илӳ организацийĕсенчен нумайăшĕ тавар çаврăнăшне вырăнти тавар ресурсĕсене çителĕксĕр хутшăнтараççĕ, таварсене районсем тăрăх тĕрĕс валеçмеççĕ, хăшпĕр районсене унти халăх мĕн ыйтнине шута илмесĕр таварсем илсе пыраççĕ. Халăха сутма тăратакан таварсен пахалăхĕ тĕлĕшпе суту-илӳ организацийĕсем нумай чухне промышленность умне кирлĕ пек требованисем лартмаççĕ.

Колхоз пасарĕсенче ялхуçалăх продукчĕсем, уйрăмах çăнăх, пахча çимĕç, улма-çырла, ӳсентăран çăвĕ, сĕт тата выльăх-чĕрлĕх çăвĕ сутасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, ӳснĕ. Колхоз пасарĕсенчи хаксем 1955 çулхи январь—сентябрь уйăхĕсем хушшинче, 1954 çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан,—пысăкрах, 1955 çулхи октябрь—декабрь уйăхĕсем хушшинче, 1954 çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан, йӳнĕрех пулнă. 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта пасарсенче тырпул, сĕт, выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, улма-çырла, пахча çимĕç хакĕсем йӳнелнĕ.

(Вĕçĕ 3-мĕш страницăра).

# РСФСР халăх хуçалăхне аталантармалли 1955 çулхи государство планне тултарни çинчен

## РСФСР Статистика управленийě пěлтерни

(Вěçě. Пуçламăшě 2-мěш страницăра).

### VII.

Союзлă органсене, республикăпа вырăнти органсене пăхăнса тăракан предприятисемпе организацисенчи рабочисемпе служащисен йышě 1955 çул вěçленнě тěле, 1954 çул вěçěнче мěн чухлě пулнипе танлаштарсан, 600 пин çын хушăннă.

РСФСР министерствисемпе ведомствисем организацилле структурăри çитменлěхсене пěтерес тата управлени ěçěнче ытлашши çынсем тытса усрассине пěтерес тěлěшпе кирлě ěçсене малалла туса пынă, çавна май управлени аппаратěнчи работниксен пěр пайě тўрремěнех производствăра ěçлеме куçнă.

1955 çулта РСФСР-та техника, ремесла, чугун çул, сăртту ěçěн училищисенчен, ялхуçалăх механизаци училищисенчен, фабрикăпа завод ěçне вěренмелли шкулсенчен квалификацилле çамрăк рабочисем, 435 пин çын ытла, çав шутра ялхуçалăхě валли механизаторсен кадрěсем 176 пин çын вěренсе тухнă.

Пěчченшерěн-бригаднăй меслетпе тата тўрремěнех производствăра организациленě курссемпе шкулсенче вěрентсе çулталăкра 5 миллиона яхăн рабочипе служащин квалификацине ўстернě тата ěçлеме вěрентнě.

Республика органěсене пăхăнса тăракан предприятисемпе стройкăсенче 1955 çулта ěç тухăçлăхě, 1954 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлě ўснě: промышленносра—5 процент, строительствăра—12 процент. РСФСР министерствисем чылайăшě ěç тухăçлăхне ўстермелли плана пěтěмěшпе тултарнă пулсан та, вěсен нумай предприятийěсемпе стройкисем ěç тухăçлăхне ўстермелли заданисене тултараймаn.

### VIII.

1955 çулта РСФСР-та халăхăн материальнăй пурнăçě лайăхланса тата культури ўссе пынă. Наци тупăшě ўснě май рабочисен, служащисен тата хресченсен тупăшěсем пысăкланнă. Социализмла культурăн пур участокěсенче те çěнě çитěнўсем тунă.

Пур йышши шкулсенче, училищěсемпе техникумсенче 18,6 миллион çын вěренет. Вăтам шкулсен, çав шутра çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулěсен, 8—10-мěш класěсенче вěренекенсен йышě, 1954 çулхипе танлаштарсан, 83 пин çын чухлě, ку шутра ялсенчи шкулсен çав класěсенче вěренекенсен йышě 32 пин çын хушăннă. РСФСР Сутěç министерствин вăтам шкулěсен 10-мěш класěсенчен вěрентсе кăларнисен йышě çав тапхăр хушшинчех 21 процент ўснě.

Аслă шкулсенче (заочно вěренмеллисене те шутласан) иртнě çулта пěр миллион та 150 пин ытла студент, е 1954 çулхинчен 84 пин çын нумайрах вěреннě. Техникумсенче тата ытти специальнăй вăтам шкулсенче (заочно вěренмеллисене те шутласан) пěр миллион та 180 пин çын ытла, е 1954 çулхинчен 64 пин çын нумайрах вěреннě. Аслă тата специальнăй вăтам шкулсенчен çамрăк специалистсем 380 пин çын, е 1954 çулхинчен 40 пин çын нумайрах вěрентсе кăларнă.

Каçхи тата заочно вěренмелли аслă тата специальнăй вăтам шкулсенче, çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен, çитěнсе çитнисен пěтěмěшле пěлў паракан шкулěсенче производствăра ěçленě вăхăтрах иртнě çулта 1,9 миллион çын вěреннě.

Аслă шкулсемпе специальнăй вăтам шкулсенчен вěренсе тухнă, РСФСР халăх хуçалăхěнче ěçлекен специалистсен пěтěм йышě, 1954 çулхипе танлаштарсан, 10 процент ўснě.

Библиотекăсемпе клубсен шучě нумайланнă. 1955 çулта РСФСР-та тěрлě библиотекăсем 200 пин ытла, вěсенче 700 миллиона яхăн кěнеке пулнă. РСФСР-та иртнě çулта кăларнă кěнекесен тиражě 800 миллиона яхăн экземпляр шутланать. Хаçатсен, журналсен, тăтăшах кăларса тăракан сборниксемпе бюллетеньсен тиражě ўснě.

1955 çул вěçленнě тěле киноустановкăсен шучě 37 пинтен иртнě, çулталăкра икě пин киноустановка хушăннă. Киноустановкăсен пěтěм хисепěнчен ялтă вырăнсенче, 30 пине яхăн киноустановка пулнă.

1955 çулта çулла 3,5 миллион ача пионер лагерěсене, ача санаторийěсене, экскурсипе туризм базисене тата çуллахи вăхăтра ача сачěсемпе, ача çурчěсемпе тата ача яслисемпе пěрле дачăллă вырăнсене кайса каннă.

1955 çулта больницăсен, ача çуратмалли çуртсен тата чиртен сыватакан ытти учрежденисен, çавăн пекех санаторисен, кану çурчěсен, ача яслисен тата ача сачěсен шучě нумайланнă. Больницăсенчи вырăнсен хисепě, 1954 çулхипе танлаштарсан,—33 пин вырăн чухлě, санаторисемпе кану çурчěсенче—6 пин вырăн чухлě, яланхи ача яслисенчи вырăнсен хисепě 25 пин ытла ўснě. Врачсен йышě, 1954 çулта пулнипе танлаштарсан, 7 пин çынна яхăн ўснě. Сывлăх учрежденийěсене çěнě йышши медицина аппарачěсем, оборудовани тата инструментсем парса тăрасси лайăхланнă.

1955 çулта РСФСР территорийěнче государство предприятийěсем, учрежденийěсем, вырăнти Советсем, çавăн пекех хуласемпе рабочи поселоксенче пурăнакансем государствăран кивçен илнě укçапа тата хăйсен укçа-тенкипе пурăнмалли çуртсем пěтěмпе 20 миллион тăваткал метр чухлě ытла тунă. Кунсăр пуçне, ялтă вырăнсенче пурăнмалли çуртсем 330 пине яхăн лартнă. Анчах министерствăсемпе ведомствăсем тата вырăнти Советсем государствăн пурăнмалли çуртсем тумалли планне пурнăçласа çитереймен.

РСФСР Коммунальнăй хуçалăх министерстви 1955 çулта коммунальнăй водопроводсенчен халăх валли шыв парса тăрассине 7 процент, электричество энергийě парса тăрассине 12 процент ўстернě.

Иртнě çулта Тулăра, Ивановăра, Хусанта тата ытти хуласенче пурăнмалли çуртсене, коммунальнăй предприятисемпе йăлари пушăсене тивěçтерекен предприятисене газ кěртес тěлěшпе ěçленě. РСФСР-ти хуласенче газ кěртнě хватерсен хисепě 10 процент, коммунальнăй предприятисемпе йăлари нушасене тивěçтерме газ парса тăрасси 23 процент ўснě.

Хуласене, поселоксене, ялсенчи район центрěсене лайăхлатса илмелле, коммунальнăй предприятисем—водопроводсем, канализаци, мунчасемпе прачечнăйсем тăвас тěлěшпе малалла ěçленě.

Новосибирскпа Курскра çынсем тата груз турттаракан машинăсем çўремелли çěнě кěперсем туса ěçе янă.

Урамсемпе площадьсене асфальт тата чул сарас, вěсене çутатас, парксем, садсем, бульварсем тăвас тата вěсене пысăклатас тěлěшпе чылай ěçсем туса иртнě.

Хуласенчи мěнпур йышши транспортпа пассажирсене илсе çўресси çакăн чухлě ўснě: троллейбуссемпе илсе çўресси 11 процент, автобуссемпе илсе çўресси 34 процент, çăмăл таксомотор автомобильсемпе илсе çўресси 38 процент, метрополитенпа илсе çўресси 6 процент.

* * *

РСФСР-ăн республика хуçалăхěпе вырăнти хуçалăха аталантармалли 1955 çулхи государство планне пурнăçланин итогěсем республикăн хуçалăхěпе культури, ССР Союзěн пěтěм экономики пекех, тăтăшах ўссе пынине кăтартса парасçě.

**РСФСР СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĚ.**

## Республикăри МТС-сенче тракторсем юсас ěç мěнле пынине кăтартакан

### СВОДКА

(февралěн 11-мěшě тěлне, процентпа)

| | | | |
|---|---|---|---|
| Чкаловски | 115,5 | Хěрлě Чутай | 65,2 |
| Кувакино | 102,2 | Тăвай | 65,0 |
| Шăхасан | 97,5 | Красноармейски | 63,2 |
| Етěрне | 89,0 | Сурмайдан | 60,9 |
| Сěнтěр | 84,3 | Шăмăршă | 60,7 |
| Куславкка | 81,1 | Чурачăк | 60,0 |
| Советски | 79,2 | Ишлей | 59,0 |
| Елчěк | 74,4 | Октябрьски | 58,9 |
| Комсомольски | 73,7 | Çěмěрле | 58,8 |
| Первомайски | 72,9 | Канаш | 58,3 |
| Йěпреç | 70,3 | Вăрнар | 58,0 |
| Вăрмар | 69,0 | Калинино | 50,0 |
| Муркаш | 67,7 | Сěнтěрвăрри | 46,3 |
| Улатăр | 67,1 | Сиява | 46,3 |
| Элěк | 66,6 | Çěрпў | 45,4 |
| Пăрачкав | 65,7 | Шупашкар | 42,8 |

## Дояркăсен ўсěмě

МУРКАШ. (Телефонпа, хамăр корр.). Сталин ячěпе тăракан колхозри фермăсем КПСС XX-мěш съезчě уçăлнă кун тěлне кашни ěнерен 700-шер килограмм сěт суса илме сăмах панăччě. Çакна вěсем чыслăн пурнăçларěç. Февралěн 13-мěшě тěлне 134 ěнерен кашнинчен 703-шер килограмм, пěтěмпе 94,3 тонна сěт суса илчěç.

Дояркăсем вăя шеллемесěр ěçленě май колхоз пěрремěш кварталта государствăна обязательнăй йěркепе сěт памалли плана январь уйăхěнчех тултарнă. Закуп шучěпе ку таранччен 750 центнер сěт панă.

Колхозри дояркăсем хěллехи вăхăтра кашни ěнерен 1.000 килограмран кая мар сěт суса илессишěн тăрăшаççě.

# Поэт-герой

### Муса Джалиль çуралнăранпа 50 çул тултарнă май

Совет халăхě ыран пирěн Тăван çěршывăн хěрўллě патриочě, тутарсен поэчě Муса Джалиль (Муса Мустафович Залилов) çуралнăранпа 50 çул тултарнине паллă тăвать.

Муса Джалиль мěн пурě те 38 çул кăна пурăннă. 1944-мěш çул пуçламăшěнче ăна фашистсем Маобит тěрминче асăплантарса вěлернě. Унăн ячě тутар халăхěшěн кăна мар, пирěн çěршыври мěнпур нацисемшěн сывăх та хаклă.

Муса Джалиль ятне совет çыннисем чěререн юратса асăнаççě, талантлă поэтăн сăввисене хавхаланса вулаççě, унăн чаплă пурнăçне мухтаса юрăсем хываççě. Аслă Отечественнăй вăрçăра фашистла нимěç захватчикěсене хирěç пынă çапăçусенче çав тери пысăк чăтăмлăх тата паттăрлăх кăтартнăшăн 1956 çулхи февралěн 2-мěшěнче СССР Верховнăй Совет Президиумě йышăннă Указ тăрăх ăна вилнě хыççăн Совет Союзěн Геройě ятне панă.

Халăх геройě—Муса Джалиль хăйěн пурнăçне пěтěмěшпех коммунизм тăвас ěçшěн, Тăван çěршывăн вăй-хăватне тěреклетес ěçшěн панă. Ăна Ленинла комсомолпа Коммунистсен партийě воспитани парса ўстернě. Унăн пурнăçě, миллионшар совет çыннисен пурнăçě пекех, пирěн çěршывăн кун-çулěпе тачă çыхăнса тăнă.

Муса Джалиль авлă Оренбург çеçенхирěсенче вырнаçнă Мустафино тутар ялěнче 1906 çулта çуралнă. Унăн ашшě-амăшěсем чухăн пурăннă. Çапах та вěсем йывăр пулин те, 7 çулхи Мусана ялти медресене (шкула) вěречме янă. Анчах вăл унта нумай вěренеймен. Çитмен пурнăç пиркиех вěсен çемйи телей шыраса Оренбург хулине куçса кайнă.

Муса Джалиль 1919 çулта, Оренбурга белогвардеецсен бандисем хупăрласа илнě вăхăтра, комсомола кěрет. Туркестан фронтěнчи красноармеецсен «Кызыл Юлдуз» ятлă хаçатěнче вунвиçě çулхи çамрăкăн пěрремěш сăвви пичетленет. Тепěр çултан Джалиль хăйěн тăван ялне каять, унта комсомол ячейки организацилет. Ун хыççăн вăл Хусанта рабфакра вěренет. 1925 çулта вăл комсомолăн уездри комитечěн инструкторě пулса Орскра, каярахпа Оренбургра ěçлет. 1927 çултан пуçласа Джалиль Мускаври ВЛКСМ Центральнăй Комитетěнче ěçленě, пионерсен журналěн редакторě пулнă, 1929 çулта Коммунистсен партине кěнě. Вăл 1931 çулта столицăри университетран вěренсе тухнă.

Вěреннě тата ěçленě вăхăтрах Муса Джалиль литература ěçне активлăн хутшăнать. 1925 çулта унăн пěрремěш сăвă кěнеки пичетленсе тухать. Унăн «Юлташа» ятлă иккěмěш кěнеки (1929 ç.) совет çамрăкěсем çинчен, вěсем çěнě пурнăçшăн, çěнě йăлашăн кěрешни çинчен каласа парать.

Джалиль пěрремěш пилěкçуллăхсенчи хавхалану çинчен, фабрикăсемпе заводсенчи ударниксем çинчен, колхоз ěçченěсен телейлě пурнăçě çинчен, совет çыннисен ырă шухăш-туйăмěсене палăртакан произведенисем çырать. 1935 çулта унăн сăввисене вырăсла куçарса уйрăм кěнекепе пичетлесе кăларнă. Ку вăхăтра ěнтě Джалиль—тутарсен паллă поэчěсенчен пěри.

Вăрçăччен унăн «Джиган» тата «Почтальон» поэмисене тутар халăхě лайăх пěлнě. 1939 çултанпа Джалиль Тутар республикинчи совет писателěсен руководителě пулса тăрать.

Муса Джалиль пысăк поэт кăна мар, тутарсен искусствин паллă деятелě пулнă, вăл тутарсен опера театрне организацилес ěçе те активлă хутшăннă. Унăн либретти тăрăх Н. Жиганов композитор çырнă «Алтын-чеч» опера Сталинла премии илме тивěçлě пулнă. «Ильдар» оперăн либреттине те вăлах çырнă.

Аслă Отечественнăй вăрçă пуçлансан Муса Джалиль Совет Çарěн воинěсен ретне тăрать. Фронтра çырнă сăввисенче вăл пирěн халăх ирсěр тăшмана çěнтерессине пěтěм чěререн шанать, Коммунистсен партине мухтать, юратнă Тăван çěршывшăн паттăррăн кěрешме чěнет.

1942 çулхи июньре унтан çырусем килме чарăннă. Джалиль пěр хыпарсăр çухалнă тесе шутланă. Поэт-коммунистăн ун хыççăнхи паттăр ěçěсем çинчен эпир нумай çулсем иртсен тин пěлтěмěр.

Ăна, Волхов фронтěнче, йывăр аманнăскерне, фашистсем тыткăна илнě, концлагере хупса хунă. Анчах та тыткăнри йывăр пурнăç та, калама çук асаплантарни те поэта парăнтарман. Вăл пуçне усман—лайăххăн сывалса çитичченех вăрттăн ушкăн организацилет, тыткăнри юлташěсен кăмăлне çěклеме тăрăшать, вěсем хушшинче политикăлла ěç туса пырать, тыткăнри çынсене лагерьтен тухса тарма хатěрлет.

Анчах та çакăн çинчен сутăнчăк çын гитлеровецсене пěлтернě. Хурçă пек çирěп кăмăллă поэта, совет политработникне Германири чи хăрушă Моабит тěрмине хупса хураççě, ăна вěлермелле туса приговор йышăнаççě. Çак тěрмере, кашни минутрах хăйне вěлерессе кěтсе, Джалиль пěр çулталăка яхăн ларнă. Тăван çěршыва пěтěм чун-чěререн юратакан, парти ěçне çирěп парăнса тăракан поэт хăйěн чěри тапма чарăничченех кěрешме пăрахман. Вăл гитлеровецсемпе кěрешме хěçпăшал тупнă. Çав хěçпăшал вăл кăранташ татăкěпе пěчěк хут листисем пулнă. Хěрўллě патриот хăйěн Тăван çěршывне юратни çинчен сăвăсем çырнă, пурнăç çинчен геройла юрăсем хывнă. Сăвă тетрачěсене вăл хăйěн юлташне—Бельги партизанне парса хăварма ěлкěрнě. Бельги çынни Андре Тиммерманс çав сăвă тетрачěсене, хăйне пысăк хăрушлăх кўме пултарнине пăхмасăрах, сыхласа усранă. Вăл вěсене вăрçă хыççăн Совет Союзěн Бельгири посольствине пырса панă.

Хăйěн юлашки сăввине поэт 1944 çулхи январěн 1-мěшěнче çырнă тесе паллă тунă. Январěн 10-мěшěнче фашистсен палачěсем поэта вěлернě. Моабит тěрминче çырнă сăвăсене халě нумай халăхсен чěлхи çине куçарнă, вěсем миллионшар çынсене коммунизм ěçěшěн кěрешме чěнеççě.

«Моабит тетрачěсене» вуласан, вěсене хăйне часах вěлерессине пěлсе тăнă çын çырнине ěненме те хěн. Поэт вилěм çинчен мар, çěнтерў çинчен, пуласлăх çинчен çырать.

Фронтран арăмě патне янă пěр çырура вăл çапла каланă: «Эпир пурнăçа питě юрататпăр, пирěн пурăнас килет, çавăнпа та эпир вилěме курайми пулса çитрěмěр... Вилнě хыççăн та вилмелле ан пултăр тесе пурăнасси вăл пурнăçăн тěллевě пулать те ěнтě». Нумайрах пурăнас тени вăл ытларах ěçлемеллине, халăха пысăкрах усă кўмеллине пěлтерет! Вăл çапла çырнă:

> Пурăнма юрать [illegible], тарăн
> Йěр туса кěрсен çěре:
> Вара сан ěçў те юлě.
> Ват юман пек, ěмěре.

Муса Джалиль, пирěн çěршывшăн йывăр 1942 çулта тыткăна лекнěскер, тен, Сталинград патěнчи çапăçу çинчен те, фронтри ěçсем çинчен те илтмен пулě. Анчах та вăл совет халăхěн çěнтерěвě çинчен, вăрçă хыççăнхи халăхăн творчествăлла ěçě çинчен çырнă. Вăл хăйěн ěмěрě ир таталнăшăн мар, Тăван çěршывшăн тата нумайрах ěçлейменнишěн пăшăрханать. Вăл ирěке юратакан, ăна паттăррăн хўтěлекен совет çыннин илемлěхне сăнласа кăтартать. Вăл тăшман умěнче пуç усакан хăравçăна йěрěнсе питлет. Поэт-коммуниста вилěм çěнтереймен, халăхăн шанчăклă ывăлě пурнăçа çав тери вăйлăн ěненсе тăнă. Хăйне вěлерме приговор йышăнсан та вăл юрату çинчен те, шўтле сăвăсем те çырать.

Муса Джалилěн пурнăçě—халăх телейěшěн, коммунизмшăн пыракан кěрешўре çěнěрен çěнě паттăр ěçсем тума хавхалантаракан тěслěх. Поэт-геройăн сăввисем социализмла Тăван çěршыва, партие, халăха чунтан парăнса тăма, тăшмансемпе хăюллăн кěрешме вěрентеççě, коммунизм çěнтерěвěшěн пěтěм вăя хурса ěçлеме чěнеççě.

## Муса Джалиль сăввисем

☆ ☆

### Юррăмсем

...Юррăмсем, эсир шăтса хăпартăр,
Усрěр манăн ăшă чěрере,
Малашне чипер çеçке кăларăр,
Илемлетěр хамăр уй-хире.

Устерес тесе чуна çунтартăм,
Юнăма та хěртрěм юрăра.
Юррăмсем вилсен—ман вилě ятăм,
Вилмесен—ят юлě халăхра...

Эпě пěчěк шухăшра путмарăм,
Пытăм йывăр çул çинче кăна,
Тусăма хам юррăмпа йăпатрăм,
Юррăмпа çěнтертěм тăшмана.

Вилнě чух та тўрě пултăр чунăм,
Кураймастăп ирсěрултава.
Çěршыва мухтарě манăн юррăм,
Пурнăçа та парăп çěршыва.

Вăрçă хирěнче чěре хăвачě
Пычě юррăмпа, вěрерě чун.
Юлашки çырап, пуртти палачăн
Ман пуçа касма çěкленнě чух.

Пурăнма мана вěрентрě юррăм,
Хушрě паттăррăн çěре кěме.
Ěмěрте эп хам та юрă пултăм,
Юрă турăм хамăн вилěме.

### Ан ěнен!

— Вăл халě ывăнни, имшер, тесен, —
Сана хыпар пěлтерně вăхăтра:
Ан ěнен, савниçěм!
Ун пек хыпара
Пěлтермěç тусăмсем, пěлекенсем.

Ялав çине ман çырăннă тупа.
Тупи чěнет мана мала кайма.
Ман пур-и ывăнса ларма шăпа,
Ман тивěç пур-и имшеркке пулма?

Сана хыпар пěлтерně вăхăтра:
— Вăл сутнă хамăр çěршыва, тесен, —
Ан ěнен, савниçěм!
Ун пек хыпара
Пěлтермěç тусăмсем, савакансем.

Килтен йăсантăм эп кăвара
Тăван çěршывшăн, саншăн çапăçма.
Сутсан, манран мěскер юлать вара,
Пултарăп-и сана куçран пăхма.

Сана хыпар пěлтерně вăхăтра:
— Муса вилли çěрсе выртать, тесен, —
Ан ěнен, савниçěм!
Ун пек хыпара
Пěлтермěç тусусем, юратнисем.

Тăпра йăлт хуплě манăн ўтěме,
Хуплаймě манăн вут-кăвар юрра:
Çěнтерўре пуç хунă этеме
Кам тунě, вилнě тейě кам вара?

Тутарларан Яков УХСАЙ куçарнă.

# Атăлпа Кама çинчи гидроэлектростанцисем

Академик С. Я. ЖУК,
Гидропроектăн начальникě тата главнăй инженерě.

КПСС XX-мěш съезчě ССР Союзěн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмěш пилěк çуллăх план тěлěшпе паракан Директивăсен проектěнче гидроэлектростанцисем нумай лартма палăртнă. Пилěк çул хушшинче пурě 10 миллион киловатт вăйлě гидроэлектростанцисем ěçе ямалла.

Уйрăмах Атăлпа Кама çинче пысăк ěçсем тума палăртнă.

Пурте пěлеççě, Атăл çинче пěррремěш гидроэлектростанци 1937 çулта Иваньково хули цатěнче туса лартнă. Вăл Мускав ячěпе тăракан каналпа çыхăнать. Çав гидроэлектростанцие туса пěтернě хыççăн Калинин хули патне çитекен Мускав тинěсě пулса тăчě. Иваньковăран çўлерехре тата 3—4 гидроэлектростанци лартма пулать. Анчах кунта Атăл ăшăх, шыв нумай мар, пăрахутсем сахал çўреççě, çавăнпа кунта çитес вăхăтра гидроэлектростанцисем лартма палăртман.

Ěлěкрех Иваньковăран анатарах шыв чи тулли пулнă вăхăтра та Атăлта пăрахутсем çўреймен. Мускав ячěпе тăракан канала тунă май Атăла Щербаков хули патне çитиччен тарăнлатма тиврě, Щербаков хулинчен анатарах пăрахутсем йěркеллě çўренě. Унта Шексна юханшывě тăрăх Ленинградпа Шурă тинěсе каякан Атăлпа Балтика шыв çулě тунă. 1935 çулта правительство Иваньковăран анатарах Углич тата Щербаков гидроэлектростанцийěсем лартма йышăнчě. Вěсен хăвачěсем 110 пин тата 330 пин киловатт. Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтěнче асăннă гидроэлектростанцисен Мускав хулине электроэнерги нумай парса тăчěç. Щербаков гидроэлектростанцийěн 4.500 тăваткал километр ытла пысăкăш водохранилище пур. Вăл тури Атăлта тата Шексна çинче нумай çул хушши шыв çителěклě тытса тăма май парать.

Асăннă гидроэлектростанцисем хыççăн Куйбышев гидроэлектростанцине лартма тытăннă. Тěпчев ěçěсем туса иртнě вăхăтра, Атăл тăрăхěнчи çěрсене шăварас тěлěшпе, Камышин хули патěнче гидроэлектростанци лартасси çинчен чылайччен сўтсе явмалла пулчě. Тěпчев тата проект ěçěсем нумай туса иртнě хыççăн халăх хуçалăхěшěн Куйбышев гидроэлектростанцийě усăллăраххи палăрчě. Çав гидроэлектростанцие 1937 çулта тума тытăннă. Вăрçă çак ěçе чарса ларчě, 1950 çулта ěçсем çěнěрен пуçланчěç.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче проекта кăштах улăштарса лайăхлатма, Куйбышев гидроэлектростанцине Ставрополь патěнче лартма йышăнма тиврě. Унăн хăвачě 2,1 миллион киловатт, вăл çулталăкра 11 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăлармалла. Куйбышев водохранилищи Атăл çинче чи пысăкки пулать, унăн талкăшě 5.500 тăваткал километр таран пулать. Куйбышев пěвин таппи Шупашкар патне çитет. Шупашкарпа Щербаков хули хушшинче пěр пěве çеç тусан, Атăлта шыв çителěклě капланса тăма пултараймасть, çавăнпа Атăла икě вырăнта—Горький облаçěнчи Городец тата Шупашкар хулисем патěнче пěвелеме йышăнмалла пулчě.

Горький гидроэлектростанцине туса пěтереççě, вăл часах хăйěн пěтěм хăвачěпе ěçлеме тытăнать, Шупашкар станцийě валли проект нумайранпа тăваççě, мěншěн тесен шыв илекен талкăша мěн май килнě таран чакарма пулăшакан решени тумалла пулчě. Халě çак ěçе туса пěтернě, улттăмěш пилěкçуллăхра Шупашкар гидроэлектростанцине тума тытăнаççě. Унăн хăвачě 800 пин киловата яхăн пулать.

1949 çулта правительство хушнипе Сталинград гидроэлектростанцийěн проектне туса хатěрленě. Малтан палăртнă тăрăх, унăн хăвачě 1.785 пин киловатт пулмаллаччě, халě вара 2.310 пин киловатт таран ўстернě. Атăл çинчи мěнпур гидроэлектростанцисенчен Сталинград гидроэлетростанцийě пуринчен йўнěрех электроэнерги туса кăларать, вăл экономикăн ытти кăтартăвěсем енěпе те малта тăрě.

Сталинград пěвин таппи Куйбышев хули патне çитмест. Çавăнпа Куйбышевпа Сталинград хушшинче, Балаково хули патěнче, Саратов гидроэлектростанцийě лартма палăртнă. Унăн хăвачě 1 миллион киловатт пулать.

Асăннă 8 гидроэлектростанцисěр пуçне Атăл çинче тата тепěр—Астрахань гидроэлектростанцийě лартма пулать. Директивăсен проектěнче çав гидроэлектростанцие улттăмěш пилěкçуллăхра лартма палăртман. Атăл çинче водохранилищěсем туни çак электростанци ěçне йěркелеме май парать. Астрахань гидроэлектростанцийěн экономика кăтартăвěсем, Куйбышев тата Сталинград гидроэлектростанцийěсемсěр пуçне, Атăл çинчи ытти гидроэлектростанцисен кăтартăвěсенчен лайăхрах пулмалла. Пилěк çуллăх планра çак гидростанцие тума тытăнма палăртни усăллă пулěччě. Сталинград гидроэлектростанцине туса пěтерсен, строительсен коллективě Астрахань гидроэлектростанцине тума пултарěччě. Саратов гидроэлектростанцине халě Куйбышев гидроэлектростанцине тăвакан строительсен лартмалла, Шупашкар гидроэлектростанцине лартма Горький гидроэлектростанцине тăвакан коллектива шанса пама палăртаççě. Ěçе лайăх вěренсе çитнě тата килěштерсе ěçлеме хăнăхса çитнě кадрсем тата малта пыракан техника пурри асăннă коллективсене Атăл çинчи пысăк гидроэлектростанцисене ăнăçлă лартма май парать.

Атăл çинчен сăмах хускатнă чухне Кама синчен каламасăр иртме май çук. Кама—Атăлăн чи нумай шывлă юппи. Кама çинче тăватă гидроэлектростанци лартма пулать. Вěсенчен пěрне—Молотов станцине туса пěтереççě, теприне—Воткинск станцине—Молотов гидростанцин коллективě тума тытăнать.

Директивăсен проектěнче улттăмěш пилěкçуллăхра Анат Кама гидроэлектростанцине лартма палăртнă. Унăн хăвачě 900 пин киловатт пулать. Унăн пěвине хăш вырăнта тăвас ыйтăва татса паман-ха.

Тури Кама гидроэлектростанцине Соликамск районěнче лартма палăртнăччě. Халě, Печорăпа Вычегда юханшывсен шывěн пěр пайне Камăна юхса кěмелле тăвас тěлěшпе ěçленě май, Тури Кама гидроэлектростанци вырăнне пăхса тухма тивет.

Асăннă гидроэлектростанцисене туса лартсан Атăлпа Кама вăрăм кўлěсен — водохранилищěсен пысăк системисем пулса тăраççě. Атăл пусми çак юханшывăн пуçламăшěпе Каспи тинěсě хушшинче 225 метр çўлěш, Кама пусми—Соликамскпа Кама вăрри хушшинче—55 метр çўлěш пулать. Хăшпěр тěлте пусма сыпăкěсем 25 метр çўлěш, вěсен тăршшě—580 километр таран пулать. Атăл пусмин тăршшě 3.500 километр, Кама пусмин тăршшě—1.200 километр ытла пулать. Водохранилищěсенче 260 миллион кубла километра яхăн, урăхла каласан, Атăлăн анатри юхăмěнче çулталăкра юхса каякан пěтěм шывран 10—15 кубла километр ытларах шыв капланать. Водохранилищěсенче усă курмалли шыв, унăн çўлěшě улшăнса пынă май, 80 кубла километртан 100 кубла километр таран пулать. Шыв çавăн чухлě нумай капланни Атăл бассейнěнче юхса тăракан пěтěм шыва энергосистемăсене кирлине шута илсе валеççе тăма, Атăлти шывăн 95 проценчěпе электроэнерги туса кăларнă çěрте усă курма май парать.

Атăлпа Кама çинчи гидроэлектростанцисенче вырнаçтарса лартакан турбинăсен хăвачě пěтěмпе 11 миллион киловата яхăн пулать, вěсем çулталăкра вăтам шутпа 50 миллиард киловатт-сехет, урăхла каласан, ССР Союзěнчи мěнпур электростанцисем 1955 çулта туса кăларнă электроэнергин 30 проценчě чухлě электроэнерги туса кăлармалла. Çак электроэнергин хăйне ларакан хакě питě йўнě, топливо çунтарса ěçлекен электростанцисенчи электроэнергирен темиçе хут йўнěрех пулать.

Атăлпа Кама çинчи гидроэлектростанцисем çулталăкра 25 миллион тонна яхăн çěр кăмрăкě перекетлеме май параççě. Топливо хатěрлесе турттаракан рабочисен, электростанцисенче ěçлекенсен хисепě 130 пин çын чухлě чакать.

Атăлпа Кама çинче гидроэлектростанцисем туса пěтерсен, ССР Союзěн Европа пайěнче гидроэнерги туса илмелли тěп çăлкуçěсем урăх çукпа пěрех. Çавăнпа халě Печорăпа Вычегда юханшывсен шывне Камăпа Атăла юхтарса тăмалла тăвас тěлěшне ěçлеççě. Çав шутпа Печорăпа Вычегда юханшывсен пуçламăшěсенче тăпра дамбăсем туса пěвелемелле, унтан вара вěсене, каналсем туса, Камăпа çыхăнтармалла. Кама çинче Тури Кама гидроэлектростанцине лартма палăртнă.

Çавăн пек майпа Кама—Вычегда—Печора водохранилищи тума пулать. Çак водохранилище виçě юханшывăн пуçламăшěнче шыв юхса тăнипе йěркелеме, Печорăпа Вычегдăран Атăлпа Камăна 40 кубла километр таран шыв парса тăма май парать. Хăлě çавăн чухлě шыв Пăрлă океана усăсăрах юхса каять. Асăннă ěçе пурнăçлани Атăлпа Кама çинчи гидроэлектростанцисенче çулталăкра 11 миллиард киловатт-сехет электроэнерги нумайрах туса кăларма май парать. Кунсăр пуçне водохранилище чугун çул хывман районсенче шыв çулěпе усă курма, унти хуçалăха аталантарма пулăшать. Халě çак ыйтăва татса парас тěлěшпе проектпа тěпчев ěçěсем туса ирттереççě. Атăлпа Кама çинче гидроэлектростанцисем лартнă хыççăн пăрахутсене çўреме питě лайăх пулать. Халě çак юханшывсем çинче вырăнě-вырăнěпе ăшăх, шыв хăвăрт юхать, малашне вара вăтам шутпа 7—10 метр тарăнăшлě кўлěсем пулаççě. Грузсем нумай тиекен, пысăк хăвăртлăхпа, график тăрăх çўрекен суднăсем валли, çапла вара, паха майсем пулаççě.

Атăлăн анатри гидроузелěсем — Саратов, Сталинград, Астрахань гидроэлектростанцийěсем Атăл тăрăхěнчи çěрсене шăварас ыйтăва татса пама пулăшаççě.

Атăлпа Кама çинче гидроэлектростанцисем туса лартнă хыççăн, çав юханшывсем юхса выртакан облаçсенчи халăх хуçалăхне аталантарма пысăк та паха майсем уçăлаççě. Çěнě промышленность предприятийěсем туса лартма, ялхуçалăхне пěтěмпех электрификацилеме энергетикăн çирěп никěсě пулать.

Атăлпа Кама çинчи гидроэлектростанцисене тунă чухне пысăк ěçсем пурнăçлама тивет. Акă вěсенчен чи паллăраххисем: 795 миллион кубометр çěр чавса купаламалла, 38 миллион кубометр бетон тата тимěрбетон хывмалла, металтан тунă конструкцисем тата механизмсем пурě 536 пин тонна вырнаçтарса лартмалла. Строительство рабочийěсене вырнаçтарма хуласем лартаççě, стройкăсем валли механически, автомобильсем юсакан, бетон тăвакан пысăк заводсем тата ытти хушма предприятийěсем тăваççě. Шыв илекен вырăнсенчен нумай хуласемпе ялсене, промышленность предприятийěсене, чугун çулсене, сыхăну линийěсене урăх вырăна куçармалла. Портсемпе пристаньсене çěнетсе пысăклатма тивет.

Атăл çинче пěвесем туни Атăл бассейнěнче, çавăн пекех Каспи тинěсěн çурçěр пайěнче пулă ěрчетмелли условисене улăштарать. Пулă ěлěкхи чухлě çеç мар, ытларах та тытмалла тăвас тěлěшпе, пулă ěрчетекен заводсем, вăлча ярса пулă ěрчетекен хуçалăхсем, пулă тытмалли вырăнсем тума палăртнă.

Атăлпа Кама çинче тăвакан пысăк гидростанцисем çинчен хаçат статьинче тěплěн каласа пама хěн. Тўрех калас пулать: кунта пысăкран та пысăк ěçсем тăваççě тата тумалла.

Англи писателě, пысăк фантазер Герберт Уэллс, çак вăхăтсемччен пурăнаймарě. Вăл 1920 çулта В. И. Ленинпа тěл пулнă хыççăн каласа панисем паллă. Российăра пысăк электростанцисем лартма палăртнă плана ěненмесěр вăл çапла çырнăччě: «Вěçě-хěррисěр анлă та тўрем, вăрманлă, хут пěлмен мужиксем пурăнакан, техника япăх аталаннă çěршывра унтан хăюллăрах проект пуласси çинчен шухăшлама та çук... Эпě ун пек япаласем çинчен шухăшлама та пултараймастăп», тенě. Уэллс пирěн план çине çавăн пек кичеммěн пăхни тўрре тухмарě. ГОЭЛРО планě пурнăçа кěнě.

Совет халăхě, партипе правительство ăслăн ертсе пынипе, патша Российн техника тěлěшěнчен юлса пынине, граждан вăрçи çěршыва юхăнтарнине кěске вăхăт хушшинче пěтерчě, тěнчери иккěмěш вăрçă кўнě сурансене тўрлетсе çитерчě. Улттăмěш пилěкçуллăхра строительство ěçěсем калама çук анлăн сарăлаççě. Çав программăра Атăлпа Кама çинче гидроэлектростанцисем лартасси пысăк вырăн йышăнать.

## СОВЕТ СОЮЗĔПЕ РУМЫНИ ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛЎ

Калаçусем ăнăçлă вĕçленнĕ хыççăн 1956 çулхи февралĕн 11-мĕшĕнче Мускавра ССР Союзĕпе Румыни Халăх Республики 1956 çулта пĕр-пĕрне таварсем тăратасси çинчен çырнă протокола алă пуснă.

Протоколта икĕ çĕршыв пĕр-пĕрне тăратакан таварсен хисепне ӳстерме, 1955 çулхинчен нумайрах сутма палăртнă.

Совет Союзĕ Румынине çакăн пек таварсем тăратать: çĕр мамăкĕ, хура металсен прокачĕ, тимĕр руди, кокс, тĕслĕ металсем, промышленность оборудованийĕ, ялхуçалăх машинисем, автомобильсем тата Румыни халăх хуçалăхне кирлĕ ытти таварсем.

Румыни ССР Союзне çакăн пек таварсем тăратать: нефть продукчĕсем, пулă тытмалли суднăсем, баржăсем, сĕтел-пукан, аш-какай тата Румыни халичченхи çулсенче ССР Союзне тăратнă ытти йышши таварсем.

Протокол çине çаксем алă пуснă: Совет Союзĕ енчен — Тулашри суту-илӳ министрĕ И. Г. Кабанов, Румыни енчен—Тулашри суту-илӳ министрĕ М. Попеску.

## СОВЕТ СОЮЗĔПЕ АЛБАНИ ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛӲ

1956 çулхи февралĕн 11-мĕшĕнче Мускавра ССР Союзĕпе Албани Халăх Республики 1956 çулта пĕр-пĕрне таварсем тăратасси çинчен тунă Килĕшӳ çине алă пуснă.

Килĕшӳре палăртнă тăрăх Совет Союзĕ Албание çакăн пек таварсем тăратать: тĕслĕ металсем, прокат, химикатсемпе сăрăсем, медикаментсем, автомашинăсем, машинăсемпе оборудованин запаслă пайĕсем, Албани халăх хуçалăхне кирлĕ ытти таварсем.

Кунсăр пуçне, 1956 çулта, халиччен тунă килĕшӳсем тăрăх, Совет Союзĕ Албание промышленность предприятийĕсем валли комплектлă оборудовани, ялхуçалăхĕпе нефть промышленноçне аталантарма кирлĕ оборудованипе материалсем тăратать, вĕсемшĕн Албанин кайран тӳлесе татмалла.

Албани иртнĕ çулсенчи пекех, Совет Союзне çакăн пек таварсем тăратать: нефть, битум, пăхăр, фанера, табак, маслина тата ытти таварсем.

Килĕшӳ çине çаксем алă пуснă: Совет Союзĕ енчен—Тулашри суту-илӳ министрĕ И. Г. Кабанов, Албани енчен—Тулашри суту-илӳ министрĕ К. Нгеля.

## БОЛГАРИРИ ВЫРĂНТИ СОВЕТСЕН СУЙЛАВĔ

СОФИЯ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Болгарире халăхăн вырăнти Советĕсен, халăх судьисемпе заседателĕсен суйлавне ирттерессĕ. 59 пин халăх советникĕ (Болгарире округ, околи, хула тата вырăнти ытти Советсен депутачĕсене çапла калаççĕ), 254 судья тата 12.700 заседатель суйламалла.

Пур суйлав округĕсенче те Отечественнăй фронт хăйĕн кандидачĕсене тăратнă.

Ирхи 7 сехетре çĕршывра пур çĕрте те суйлав пунккĕсен алăкĕсем уçăлнă, сасăлама пуçланă. Суйлав политикăлла çĕкленӳ вăйланнă лару-тăрура иртет.

## ПАКИСТАН ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТЕРСТВИН ПРЕДСТАВИТЕЛĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

КАРАЧИ, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс оф Пакистан агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Пакистан Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин официальнăй представителĕ ĕнер Карачи хулинче заявлени тунă. Çавăн чухне вăл: Совет Союзĕпе Пакистан пĕр-пĕринпе çыхăнса суту-илӳ туни «икĕ çĕршыв хушшинчи туслă хутшăнусене аталантарма пулăшать», тенĕ.

# Совет халăхĕпе Китай халăхĕн аслă туслăхĕ

Паян совет халăхĕпе Китай халăхĕ чаплă куна—Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики туслă пурăнасси, союзлă пуласси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Договор тунăранпа ултă çул тултарнине паллă тăваççĕ.

Совет халăхĕпе Китай халăхĕн тĕп интересĕсемпе, мире юратакан пĕтĕм этемлĕх интересĕсемпе килĕшсе тăракан çак историллĕ Договор Совет Союзĕпе Китай хушшинчи туслăха малалла аталантарса çирĕплетес ĕçре çĕнĕ самана пуçарчĕ, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес тĕлĕшпе тунă питĕ пысăк ĕç пулчĕ.

ССР Союзĕпе Китайри халăхсем авалтанпах туслă пурăннă. Совет халăхĕ Китай халăхĕн ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвне яланах кăмăлласа ырланă. Совет халăхĕ Китай халăхĕ çĕнтерессине, Китайри революцилле юхăмăн хăватлă вăйне шанса тăчĕ. Китай халăхĕ çĕнтерчĕ, Китай Халăх Республики туса хучĕ.

Договор тунăранпа иртнĕ ултă çул хушшинчи ĕçсем Совет Союзĕпе Китай хушшинчи туслăхăн пурнăçри аслă вăйне, çак Договор мир ĕçĕшĕн пĕтĕм тĕнчипех питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине кăтартса пачĕç. Иртнĕ ултă çул çакна кăтартса пачĕ: ССР Союзĕпе Китай туслă пурăнни тата союзлă пулни Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мирĕн хăватлă тĕрекĕ пулса тăрать.

Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлесе, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе ĕçчен Китай халăхĕ 1952 çул вĕçленнĕ тĕле халăх хуçалăхне юсаса çитерчĕ, промышленноçпа ялхуçалăх производствине вăрçăчченхи чи çӳлĕ шайран иртtерсе ячĕ. Китайра çĕнĕ заводсем, шахтăсем, нефть промыслисем ĕçлеме пуçланă. Çĕр реформи туса ирттернипе пула ĕçхресченĕсем тӳлевсĕрех 47 миллион гектар çĕр илчĕç, помещиксен ĕмĕртенхи пусмăрĕнчен хăтăлчĕç.

Халăх хуçалăхне ăнăçлă юсаса çитерни, çĕр реформи туса ирттерни тата халăх демократи государствине тĕреклетни Китай халăхне 1953 çул пуçламăшĕнчех ĕнтĕ экономикăна план тăрăх йĕркелесе пырас ĕçе тытăнма май пачĕ. Экономика строительствин тĕллевĕ Китая индустриализацилесси тата майĕпен социализм тăвасси пулса тăрать.

Халĕ Китай социализм тумалли çулпа шанчăклăн малалла пырать. Китайри Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, ĕçсыннисен ӳсе пыракан хастарлăхĕ тата творчествăлла вăйĕ пулăшнипе пĕррремĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнчи плана ăнăçлă пурнăçланă. 1955 çулта промышленноçăн пĕтĕм продукцийĕ, 1952 çулхипе танлаштарсан, 62 процент ӳснĕ. 1955 çул вĕçленнĕ тĕле пилĕк çуллăх планра палăртса хунă пысăк стройкăсенчен промышленноçăн 271 предприятине туса пĕтерсе ĕçе янă.

Китайра уйрăм çынсен промышленноçпа суту-илӳ предприятийĕсенчен государствăпа уйрăм çынсен аллинче тăракан хутăш предприятисем, алăсталăх предприятийĕсенчен кооперативла предприятисем туса хурассишĕн пыракан юхăм анлă сарăлнă. Февраль пуçламăшĕнче уйрăм çынсен промышленноçпа суту-илӳ предприятийĕсене хутăш предприятисем туса хурас ĕç, тĕпрен илсен, пур хуласенче те вĕçленнĕ.

Иртнĕ ултă çул хушшинче ял сăнсăпачĕ тĕпренех улшăннă. Халăх революцийĕ çĕнтериччен тырпул акса тăвакан çĕрĕн 78—80 проценчĕ помещиксемпе кулаксен аллинче пулнă пулсан, халĕ ĕнтĕ çак çĕрĕн 85—90 проценчĕ ĕçхресченĕсеп аллинче.

Хальхи вăхăтра Китайри ялсем социализмла пысăк улшăнусен тапхăрне кĕнĕ. Пĕтĕм çĕршывра çĕнĕ кооперативсем тунипе пĕрлех халиччен тунă кооперативсене йĕркелесе тĕреклетес ĕç пырать. Хресченсен йышлă массисем кооперацие çулĕ çине татăклăнах тăни çинчен Мао Цзэ-дун юлташ каланă сăмахсем тĕрĕс пулнине пурнăç çирĕплетсе кăтартса пачĕ. Кăçалхи январь уйăхĕ вĕçленнĕ тĕле 92 миллион та 810 пин хресчен хуçалăхĕ, урăхла каласан, мĕнпур хресчен килĕсен 78 проценчĕ, производствăлла ялхуçалăх кооперативĕсене кĕнĕ. Вĕсенчен 24 миллион та 590 пин хресчен хуçалăхĕ пĕтĕмĕшпех социализмла хуçалăх пулса тăракан кооперативсене пĕрлешнĕ.

Китай Халăх Республикин халăх хуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли программа проектне Китай халăхĕ çав тери хавхаланса кĕтсе илчĕ. Государствăн аслă канашлăвĕ нумаях пулмасть йышăннă çак «документăн историллĕ пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк,—тесе çырать «Гуанминжибао» хаçат,—вăл миллионшар хресченсене социализм патне пымалли çула çутатса пачĕ».

Промышленноçпа ялхуçалăх производстви аталанса, ĕç тухăçлăхĕ ӳсе пынă май Китай Халăх Республикинче ĕçсыннисен пурнăçĕ нумаях лайăхланса, вĕсен культури ӳсе пырать. Иртнĕ çул рабочисемпе служащисен вăтам ĕç укçи, 1952 çулхипе танлаштарсан, 20,5 процент, ĕçе сыхлама тата пурнăçпа йăлара пулăшма уйăрса паракан укçа-тенкĕ хисепĕ 113 процент ӳснĕ. Китайри Коммунистсен партийĕпе халăх правительстви халăха вĕрентес, искусствăна литературăна аталантарас ĕç çине питĕ тимлĕ пăхаççĕ, ĕçсыннисен сывлăхĕшĕн нумай тăрăшаççĕ.

Иртнĕ ултă çул хушшинче политика, экономика тата культура тĕлĕшĕнчи пурнăçăн мĕнпур участокĕсенче тунă çитĕнӳсем Совет Союзĕ ырă кăмăлпа пулăшнипе, халăх демократи çĕршывĕсемпе тăванла килĕштерсе ĕçленипе тачă çыхăнса тăраççĕ.

Китай халăхĕ тунă аслă улшăнусем, унăн экономикăпа культурăна аталантарас ĕçри çитĕнĕвĕсем Китай Халăх Республикин тĕнчери авторитетне çӳле çĕклерĕç. Халĕ Китай Халăх Республики тĕнчери аслă держава пулса тăрать. Китай Халăх Республикипе ытти çĕршывсем хушшинчи çыхăнусем сарăлса пыраççĕ, унăн тулашри суту-илĕвĕ вăйланать. Хальхи вăхăтра Китай Халăх Республики 50 ытла çĕршывпа суту-илӳ тăвать.

Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики хушшинчи экономикăлла çыхăнусем сарăлса, çирĕпленсе пыраççĕ. Совет Союзĕпе Китай государство, экономика тата культура строительстви енĕпе пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлеççĕ. Совет Союзĕпе Китай хушшинчи пĕр-пĕрне усă кӳрекен суту-илӳ вăйланса пырать. Наукăпа техника тата культура енĕпе тачă çыхăнса ĕçлесси, наукăри тата производствăри пĕр-пĕрин опычĕпе паллашасси çултан-çул сарăлса пырать.

«Эпир, совет çыннисем,—терĕ Н. С. Хрущев юлташ,—хамăрăн тусăмăрпа тăванăмăра—Китай халăхне хăйĕн халăх демократи государствине тĕреклетме тата социализм тума пулăшассине хамăрăн тăванла тивĕç пулса тăрать тесе шутлатпăр».

«Китай халăхĕ,—терĕ нумаях пулмасть Чжоу Энь-лай,—яланах Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕрле пулĕ. Эпир пĕр шухăшлă пулса килĕштерсе пурăнассине тата пирĕн туслăха çĕр çинчи нимĕнле вăй та хавшатма пултараймасть».

Китай Халăх Республики миршĕн тăрăшни тата ытти халăхсемпе туслă пурăнма тăрăшни мирлĕ политикăн пилĕк принципĕнче палăрчĕ. Çак принципсем çинчен 1954 çулхи çулла Китай Халăх Республикипе Инди, çавăн пекех Китай Халăх Республикипе Бирма пĕрле тунă заявленисенче каласа панă. Паллă ĕнтĕ, ку принципсене ССР Союзĕпе Китай Халăх Республики пĕрле тунă, 1954 çулхи октябрь уйăхĕнче пичетленсе тухнă Декларацире çирĕплетнĕ. Китай Халăх Республикине Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Совет Союзĕ ырланă пуçарăвĕ Корейăри вăрçа чарса лартасси патне илсе çитерчĕ. Совет Союзĕпе пĕрле Китай Халăх Республики те Женевăри канашлăва ăнăçлă вĕçлес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăчĕ. Çак канашлу Индо-Китайри халăхсене мир туса пачĕ. Китай Халăх Республикин делегацийĕ Азипе Африкăри çĕршывсен Бандунгри конференцине ăнăçлă ирттерме пулăшрĕ.

Тĕнчери общественность Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче Китай Халăх Республикине хăйĕн законлă вырăнне пама требовани лартать. Мĕнпур çĕршывсенчи мире юратакан халăхсем тĕрĕссипех çапла шутлаççĕ: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче Китай Халăх Республикине хăйĕн законлă прависене пани Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ролĕпе авторитетне ӳстерĕ. Совет Союзĕ Китай Халăх Республикин законлă прависене çирĕппĕн хӳтĕлет.

ССР Союзĕпе Китай Халăх Республики хушшинчи туслăх, пĕр-пĕрне шанса пурăнас тата чунтан хисеплес ырă принципсем çинче никĕсленсе тăракан туслăх кунтан-кун çирĕпленсе пырать. Çак туслăхра тĕнчери халăхсем хушшинчи çĕнĕ йышши, историре халиччен нихçан та пулман хутшăнусем палăрса тăраççĕ. Çак хутшăнусем социализм лагерĕнчи çĕршывсен пурнăçĕнче уйрăмах палăрса тăраççĕ, халĕ вĕсем хушшинче ăнăçлă аталанса пыраççĕ.

ССР Союзĕпе Китай Халăх Республики туслă пурăнасси, союзлă пуласси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Договор тунăранпа ултă çул тултарнă кун совет çыннисем аслă Китай халăхне социализм строительстви ĕçĕнче, пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ çитĕнӳсем тума чун-чĕререн ырă сунаççĕ.

Ĕмĕр-ĕмĕрех пурăнтăр, çирĕпленсе пытăр Китай халăхĕпе совет халăхĕн тăванла туслăхĕ!

**В. ФЕДОРОВ.**

# Онкологи диспансерĕнче

Укерчĕк çинче: Шупашкарти шыçă чирĕнчен сыватакан диспансерти главнăй врач П. Е. Ермолаев тата Е. Е. Смелова сестра сывмар çынна çĕнĕ аппаратпа сыватма хатĕрленеççĕ. Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

Партипе правительство совет ученăйĕсене ĕçлеме пур енчен те лайăх условисем туса пама куллен тăрăшаççĕ. Çавна пула онкологи енĕпе пирĕн çĕршывра наукăлла тĕпчев ĕçĕсем тата çынсене усал шыçăсенчен сыватас тĕлĕшпе практикăлла ĕçсем нумай туса ирттереççĕ. Правительство тăван çĕршыври наука аталанăвĕшĕн тăрăшнине хакласа, совет онкологĕсем онкологи ыйтăвĕсене вăраха ямасăр татса пама тăрăшаççĕ.

Халĕ Совет Союзĕнче чирлĕ çынсене реактивлă изотопсемпе, уйрăмах реактивлă кобальтпа нумай сыватаççĕ. Çак ĕçре ГУТ-20 тата ГУТ-400 йышши чи çĕнĕ гамма аппаратсемпе усă кураççĕ. Республикăри онкологи диспансерĕнче ГУТ-20 йышши телерадиевый аппарата ĕçлеттерме пуçланă. ГУТ-20 аппаратпа чĕлхе çинчи, çăвар ăшчиккинчи, пыр шăтăкĕнчи, янахри, сăмсари, пырти, тута çинчи, ӳт-тир çинчи, хăлха парĕ çинчи усал шыçăсене пĕтерме пулать. Гамма пайăркисем шыçă çине тата ун таврашĕнчи ӳт-тир çине пĕр пек саланни чиртен ăнăçлă сыватма май парать, çавă вăл телерадиевый аппаратăн чи паха енĕ пулса тăрать. Онкологи диспансерĕнче ГУТ-20 аппарата ĕçе янăрапа усал шыçăсемпе аптракансем республика тулашне каймасăрах сывалма пултараççĕ. Çитес çывăх вăхăтсенче реактивлă изотопсемпе онкологире усă курасси татах ӳсет.

Социализмла обществăра атомлă энергипе мирлĕ ĕçсенче — транспортра, промышленноçра, медицинăра, ялхуçалăхĕнче усă курма майсем çителĕклĕ. Халĕ пирĕн умра физика наукин çитĕнĕвĕсемпе медицинăра анлă усă курас, наукăлла тĕпчев ĕçĕсенче çынсен чирне пĕлес тата сыватас ĕçре радиоактивлă япаласемпе усă курас задача тăрать.

# Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту

Февралĕн 11—12-мĕшĕсенче шахматистсем малтанхи турсенчен юлнă партисене выляса пĕтерчĕç. Хусан шахматисчĕ Дамский выляма тытăнмасăрах Алешина парăнни çинчен пĕлтерчĕ. Алешинпа Сергиевский икшер хут кăна çӳрерĕç. Вĕсем партие нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçлеме килĕшрĕç. Игумновпа Алексеев партийĕ те нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Стрекаловский Алешинпа, Радченко—Петровпа выляса илчĕ.

Турнирта мала пыракансем хăйсен партийĕсене выляса пĕтерни уйрăмах интереслĕ пулчĕ. Волошинпа вылямалли партире Никитинăн ытлашши пĕр пешка пурччĕ. Анчах та вăл выляса илеймерĕ. Мастер кандидачĕ Волошин «вечнăй шах» туса парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтмелле турĕ.

Волошин—Алексеев партине икĕ хут тытăнса та выляса пĕтерейменччĕ. Алексеев выляма тытăнмасăрах хăй Волошина парăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Чăваш АССР чемпионĕ Никитин тăрăшса выляса, Горький хулинчи вăйлă шахматиста Кубарева çĕнтерчĕ.

Иртнĕ вырсарникун Никитинпа Козлов (Арзамас облаçĕ) хăйсен партине выляса пĕтерчĕç. Чăваш республикин чемпионĕ тăрăшрĕ пулин те ку парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Шахматистсен зонăри ăмăртăвĕнче халĕ те Никитин (Чăваш АССР-ĕ) малта пырать. Вуникĕ тур хыççăн вăл 8,5 очко пухнă. Кубарев 8 очко выляса илнĕ. Мастер кандидачĕсем Новопашинпа Волошин 7,5-шер очко, мастер кандидачĕсем Радченкопа Хавский тата пĕрремĕш разрядри шахматист Козлов—7-шер очко, Алексеев, Петров тата Сергиевский 6,5-шер очко выляса илнĕ.

* * *

Иртнĕ вырсарникун «Динамо» клубĕнче мастер кандидачĕ Хавский (Ленинград хулинчен) шахмат ыйтăвĕпе лекци вуларĕ тата шахматистсемпе пĕр вăхăтра вылямалли сеанс ирттерчĕ. Вăл 24 партирен 18 партие выляса илчĕ, 2 парти выляса ячĕ тата 4 парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ. Сеанс ирттернĕ чухне Хавскирен Чăвашпединститут преподавателĕ Сергеев тата энерготехникум студенчĕ Изосимов выляса илчĕç.

## КĔСКЕН

**Пултарулăх коллективĕсем.** Куславкка районĕнчи Аманикпе Тĕмшер ялĕсенче пултарулăх коллективĕсем ĕçлеççĕ. Аманикри хор кружокĕ Тĕмшере кайса концерт ирттернĕ. Ун хыççăн Тĕшмерти драма кружокĕ, Аманике кайса, П. Осиповăн «Айдар» пьесине выляса кăтартнă.

**Рысь тытнă.** Ишлей районĕнчи Тăрăн ял Советĕнчи налог агенчĕ Н. Александров çак кунсенче рысь тытнă.

## *Пĕлтерни*

Февралĕн 14-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче лекци пулать. Лекци теми: «Государство тата вырăнти бюджетсене мĕнле тăваççĕ».

Лекторĕ В. Н. Ильин юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.



## ХУЛАРИ ТАТА РЕСПУБЛИКĂРИ ЭКРАНСЕМ ÇИНЧЕ

Югославире кăларнă çĕнĕ илемлĕ фильм

*„Подозрительная личность“*

(Б. Нушич пьеси тăрăх ӳкернĕ) кăтартма пуçлаççĕ

Сценарисчĕ М. Джорджевич.
Режиссерсем Сая Иованович, П. Динулович.
Операторĕ Н. Иовичич.
Композиторсем В. Симич, Б. Симич.

РОЛЬСЕНЕ ÇАКСЕМ ВЫЛЯÇÇĔ:
М. Паскалевич, Е. Микулич, Т. Маркович, Р. Маркович, М. Томич, А. Пеич т. ыт. те.

Белградри «Авала-фильм» киностуди 1954 çулта кăларнă.

Мускаври М. Горький ячĕпе тăракан киностуди 1955 çулта вырăсла куçарнă.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 14-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Кремлевские куранты», февралĕн 15-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Ялти каççем». Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## КИНО

«РОДИНА». Февралĕн 14-мĕшĕнче 10, 11.30, 13, 14.30 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «В квадрате 45», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Югославире кăларнă çĕнĕ фильм «Подозрительная личность» кăтартаççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ 1956 çулхи январĕн 20-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх Красноармейскинчи «Заря» промысла артельне пĕтермелле тунă.

Учрежденисен, организацисен тата уйрăм çынсен тĕрлĕ претензисем пулсан, вĕсем çинчен çак пĕлтерĕве пичетленĕ хыççăн икĕ эрне хушшинче пĕлтермелле.

Асăннă срок иртсе кайсан нимĕнле претензие те йышăнмаççĕ.

ЛИКВИДКОМ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00043 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.